ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июнь 17 юнкун
№ 117 (9026)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Партипе государство дисциплинине куллен тĕреклетсе пымалла

Совет халăхĕ хăйĕн мухтавлă тăван партийĕ—Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе историллĕ кĕске срокра социализм туса çитерчĕ. Халĕ вăл социализмран майĕпен коммунизма куçас историллĕ ĕçе ăнăçлă пурнăçласа пырать.

Социализмран майĕпен коммунизма куçнă условисенче партипе государство дисциплинине парти, совет, хуçалăх ĕçĕсен мĕнпур çыннисенче çирĕп тытса пырасси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ йышăннă Коммунистсен партийĕн Уставĕнче çапла каланă: партипе государство дисциплинине, партин пур членĕсемшĕн те обязательнă пулса тăракан дисциплинăна, тытса пымалла. Партире икĕ дисциплина—пĕри руководительсемшĕн, тепри рядовой членсемшĕн—пулма пултараймасть. Партин пур коммунистсемшĕн те,—вĕсен тава тивĕçлĕ ĕçĕпе вĕсем мĕнле вырăнта ĕçленине пăхмасăр,—пĕр дисциплина, пĕр закон. Партипе государство дисциплинине пăсни питех те киревсĕр ĕç пулса тăрать, партие сиен кÿрет, çавăнпа та дисциплинăна пăсакансем парти ретĕнче пулма тивĕçлĕ мар.

Парти хăйĕн членĕсене партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма хушнипе пĕрлех, мĕнпур кадрсене, мĕнпур руководительсене, партире тăраççĕ-и вĕсем е тăмаççĕ—пурĕ пĕрех, çирĕп дисциплинăллă пулма вĕрентет. Партипе правительство решенийĕсем çине формально пăхни, вĕсене пурнăçа кĕртес ĕçре хăйсене пассивла тытни питĕ пысăк çитменлĕх пулса тăрать, — тенĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен тунă отчетлă докладра. Çавăнпа та ăна, çав çитменлĕхе «ним шеллемесĕр пĕтерсе пымалла. Партие кая юлнă тата ниммĕнпе те интересленмен, харпăр хăй канлĕхне ĕç интересĕсенчен мала хуракан çынсем мар, партипе правительство директивисене пурнăçа кĕртессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тата хастар кĕрешекенсем, государство интересĕсене нимĕнрен те мала хуракан боецсем кирлĕ».

Анчах та, шел пулсан та, пирĕн хушăра харпăр хăй канлĕхне ĕç интересĕсенчен мала хуракан работниксем сайра хутра кăна мар тĕл пулаççĕ.

КПСС Чăваш обкомĕн V-мĕш пленумĕ кадрсене суйласа илес, ĕçе уйăрса лартас тата вĕсене воспитани парас ыйтăва пăхса тухнă май, республикăри парти, совет, хуçалăх тата ытти организацисен, министерствăсемпе ведомствăсен ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ. Пирĕн хăшпĕр промышленность предприятийĕсем, уйрăмах вырăнти промышленность, топливо, строительство материалĕсем хатĕрлекен промышленность предприятийĕсем тăтăш плана тултараймасăр ĕçлеççĕ пулсан, суту-илÿ организацийĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ пулсан, финанс органĕсенчи работниксем хăйсен ĕçĕнче çаплах уксахласа пыраççĕ пулсан, çакă вăл, чи малтан, асăннă предприятисемпе органсене ертсе пыракан работниксем хушшинче партипе государство дисциплинине тытса пырасси çителĕклĕ вырăнта тăманни çинчен калать.

Илĕпĕр, хальхи Вырăнти тата топливо промышленность, унччен Вырăнти промышленность министерствине. Унăн предприятийĕсем производство планне, уйрăмах ассортимент енĕпе, çултан çул тултармаççĕ. 1952 çулта çак министерствăна кĕнĕ предприятисенчен ассортимент енĕпе плана пĕри те тултарман. Уйрăмах министерствăна пăхăнса тăракан предприятисенче продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешÿ çителĕксĕр пырать. Шупашкарти Водопьянов ячĕпе тăракан тир-сăран комбиначĕн складĕнче кăна кăçалхи апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне пахалăх тĕлĕшĕнчен юрăхсăр продукци 390 пин тенкĕлĕх ытла выртнă. Мисчĕри промкомбинат Таллин хулине 587 кубометр юрăхсăр паркет ярса панă. Мартăн 20-мĕшĕ тĕлне промкомбинат складĕнче çакăн пек юрăхсăр паркет 22.750 тенкĕлĕх пулнă.

Вырăнти промышленность министерствипе Топливо промышленность управленине пĕр министерствăна—Вырăнти тата топливо промышленность министерствине пĕрлештерни — министерствăна кĕрекен предприятисен ĕçне лайăхлатма пысăк майсем туса парать. Министерство руководствин хăйĕн предприятийĕсенче пур çĕрте те тивĕçлĕ йĕрке туса хумалла. Уйрăмах кадрсемпе, пуринчен ытла — ертсе пыракан кадрсемпе ĕçлессине тĕппĕн лайăхлатмалла, мĕншĕн тесен, ĕç ăнăçлăхне татса паракан вăй вăл кадрсем, хăйсен ĕçĕн техникине вĕренсе çитнĕ кадрсем пулса тăраççĕ.

Государство дисциплинине тытса пырасси суту-илÿ организацийĕсенче ытла та çителĕксĕр. Аппарат тĕрĕс-тĕкел ĕçлесе тăманнине, государство дисциплинине çирĕп тытса пыманнине пула 1952 çулта Чăваш АССР Суту-илÿ министерствипе Чăвашпотребсоюз системи кăна государствăна 5 миллион тенкĕлĕх сиен кÿнĕ. Ку вăл пĕр-пĕр вăтам район бюджечĕ чухлĕ пулса тăрать.

Хăшпĕр работниксем парти решенийĕсемпе совет законĕсене хăйсемшĕн обязательнă мар, тесе шутлаççĕ. Çавăн пек, ĕççынни депутачĕсен Çĕрпÿ райсовет исполкомĕн председателĕ П. С. Степанов юлташ совет законĕсене пăсса, бюджет дисциплинине пăсса, çапла вара, партипе государство дисциплинине пăсса, ял Совечĕсен бюджетĕнчи укçана район бюджечĕ çине куçарса тăнă. Çавăн пек вăл иртнĕ çул райсовет исполкомĕ валли лаша илме Туçи ял Совет бюджетĕнчен район бюджетне укçа куçарттармалла тунă.

Исполком председателĕ совет законĕсене çакăн пек «тытса пынине» кура, финанс пайĕн заведующийĕ Иванов юлташ та партипе совет дисциплинине пăсас çул çине тăнă, ялхуçалăх налогĕ тăрăх пулнă парăма пытарса тăнă. Вĕсене кура «Перламутр» артель руководителĕсем туман ĕçе тунă пек кăтартса, партипе государствăна улталаса, плана «тултарнăшăн» «преми укçи» илсе салатса яма пултарнă.

Парти ертсе пыракан кадрсене тĕрĕс те тÿрĕ çын пулма, партипе государство шанса панă ĕçе тÿрĕ кăмăлпа туса пыма, партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пыма хушать. Пирĕн çĕршывра совет законĕсем пуриншĕн те, аслисемшĕн те, кĕçĕннисемшĕн пĕр пекех обязательнă.

Хамăр Тăван çĕршывăн интересĕсене çирĕп тытса пырасси, партипе правительство решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн ывăнма пĕлмесĕр активлă кĕрешесси—партипе государствăн кашни работникĕн пысăк та таса тивĕçĕ.

Совет государстви—коммунизмшăн кĕрешмелли хăватлă хĕçпăшал. Коммунистсен партийĕ Совет государствине вăйлатма, социализмла демократизм принципĕсене пурнăçлама, социализмла законлăхпа право йĕркисене тĕреклетме, государство аппаратне çĕнетсе лайăхлатма пур майсемпе те тăрăшать. Юлашки вăхăтра государство аппаратне çĕнĕлле йĕркелени аппарат ĕçне лайăхлатма, ăна массăсем патне çывхартма, хуçалăхпа культура строительствине конкретлă, оперативлă, квалификациллĕ ертсе пыма май парать.

Совет çыннисем хальхи вăхăтра пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн тата иртерсе тултарассишĕн хăйсен пĕтĕм вăйĕпе пултарулăхне парса кĕрешеççĕ. Вĕсем çакна лайăх пĕлеççĕ: пирĕн çĕршыв хуçалăх строительствинче тăвакан кашни çĕнĕ çитĕнÿ вăл—коммунизм çулĕ çинчи пысăк утăм.

Государство интересĕ мĕнпур работниксен ĕçĕнче малти вырăнта тăмалла. Кашни работникăн хăйне шанса панă ĕç çине государство куçĕпе, государство интересĕ енчен пăхмалла. Ĕçре тĕл пулакан çитменлĕхсене хăюллăн палăртса вĕсене çийĕнчех пĕтерессишĕн кĕрешмелле. Пирĕн партипе совет, хуçалăх руководителĕсен кадрсене шăпах та çакăн пек пулма воспитани парса вĕрентмелле.

Партипе государство дисциплинине çирĕп тытса пырассишĕн кĕрешни—пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тата срокчен тултарассишĕн, коммунизм строительствинче çĕнĕ çĕнтерÿсем тăвассишĕн кĕрешни пулать.

## Кварталти плана тултарнă

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Июнĕн 16-мĕшĕ. (Телефонпа). Район кăçалхи иккĕмĕш кварталта укçа-тенкĕ пухмалли плана пĕтĕмпе 156,7 процент, вăл шутра колхозсен тупăшĕсенчен илекен налог енĕпе—204,9 процент, ялхуçалăх налогĕ енĕпе—108,4 процент, страховани укçи пухас енĕпе—111,7 процент тултарчĕ.

Райисполком председателĕ Г. ФЕДОРОВ.
Финанс пайĕн заведующийĕ А. ЕМЕЛЬЯНОВ.

## Пуçламăш организаци секретарĕсен семинарĕ

КПСС Тăвай райкомĕ пуçламăш парторганизаци секретарĕсем валли семинар ирттерчĕ. Семинарта пулнисем «Тĕнчери лару-тăру», «Социализмăн тата хальхи капитализмăн экономикăллă тĕп законĕсем» ятлă темăсемпе лекцисем тата «Обществăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстересси—парторганизацисен чи кирлĕ задачи» темăпа доклад итлерĕç. Юлашкинчен вĕсем парти кандидачĕсемпе ĕçлес ыйтупа пĕр-пĕрин опычĕпе паллашрĕç.

И. ИВАНОВ.

# Тăван çĕршывра

## Юрă уявĕсем

Июнĕн 14-мĕшĕнче çĕршыври хуласемпе район центрĕсенче юрă уявĕсем пулса иртнĕ.

Томск хулинчи «Медик» стадионне уяв ирттерме 20 пин çын ытла пухăннă. 6 пин çынран тăракан хор Совет Союзĕн Гимнне хăватлăн юрлать. Уява пухăннисем «Парти—пирĕн рулевой», «Мире хÿтĕлесе» ятлă тата ытти юрăсем итленĕ. Хулари садсемпе скверсенче художествăллă пултарулăх коллективĕсем, драма театрĕпе филармони артисчĕсем концерт ирттернĕ.

Коми-Пермяк наци округĕн центрĕнче—Кудымкарта та уяв савăнăçлă иртнĕ. Уява ялсенчен, вăрмансенчи поселоксенчен художествăллă пултарулăх коллективĕсем пухăннă. «Красная звезда» спорт обществин стадионĕнче хулари 15 пин çын 4 пин çынтан тăракан хор юрланине итленĕ. «Мир юрри», «Атăлтан Дона çитиччен», «Сăрт хыçĕнче, тараса патĕнче» юрăсене пысăк çĕкленÿпе юрласа панă.

Ессентуки хулинче пулса иртнĕ юрă уявне вуншар пин çын пухăннă. Уява шкул ачисен пин çурă çынтан тăракан хорĕ уçнă. Вăл «Мирпе ирĕклĕхшĕн» тата «Нахимовецсен маршĕ» ятлă юрăсене юрласа панă. Санаторисенче канакансен, хулари предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекенсен пĕрлешнĕ хорĕсем «Ун пек парти пур», «Мухтав совет державине» ятлă юрăсем юрласа панă. Кун хыççăн физкультурăпа ташă ăстисен коллективĕсем, хальхи вăхăтра Кавказри курортсенче гастрольре çÿрекен шахтерсен юрăпа ташă ансамблĕн коллективĕ хăйсен пултарулăхне кăтартнă.

Юрă уявĕсем çавăн пекех тата Горькире, Тюменьре тата çĕршыври ытти хуласенче те пулса иртнĕ. (ТАСС).

## Планран ирттерсе—çĕр кăмрăкĕ

КАРАГАНДА, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Караганда бассейнĕнчи Жданов ячĕпе тăракан чи пысăк шахта коллективĕ кăçалхи çур çул программи шучĕпе юлашки эшелон çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Планран ирттерсе çĕр кăмрăкĕ кăларма çултаlăка йышăннă обязательствăсене те срокчен тултарнă. Çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакне йÿнетнипе çĕнĕ çул пуçланнăранпа çур миллион тенкĕ ытла укçа перекетленĕ. Июнь уйăхĕнче шахта цикл йĕркипе ĕçлеме пуçланă.

1-мĕш, 38-мĕш тата ытти шахтăсен коллективĕсем те çур çулхи заданирен ирттерсе ĕçлеççĕ.



«Калибр» завод — Мускаври малта пыракан предприятисенчен пĕри. Завод коллективĕ предприяти территоринче йывăççем нумай лартса ÿстернĕ, вара сад пекех пулса тăнă. 27 гектар çине 15 пин йывăç, 40 пин йывăç тĕми, 350 пин чечек лартнă. Кашни çуллен çĕнĕрен йывăççем лартаççĕ.

ÛКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: завод садĕнчи аллейăсенчен пĕри.

Н. СИТНИКОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Жигули патĕнче

ЖИГУЛЕВСК (Куйбышев облаçĕ), июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлăн сылтăм çыранĕнче хыр вăрманĕпе витĕннĕ сăртсем тăсăлса выртаççĕ. Нумаях та пулмасть-ха кунта çурхи шыв кĕрлесе юхатчĕ. Халĕ Атăл шывĕ каллех çырана кĕнĕ, шыв айĕнчен хăйăрсем тухнă. Тăпра купаласа тунă валсем йывăр экзамена чыслăн тытнă—çурхи шыв Куйбышев ГЭС строительстви площадкине пырса кĕме пултарайман.

Гидроузелта ĕçсем куллен вăйланса пыраççĕ. Гидроэлектростанци валли котлован чавакан вырăнта машинăсем кĕрлесе тăни пĕр самантлăха та чарăнмасть. Июнь уйăхĕнче котлованран талăкне 15-шер пин кубометр тăпра кăларма пуçланă. Механизаторсен ăмăртăвĕнче экскаваторщик Николай Бородин ертсе пыракан бригада малта пырать. Вăл графика ялан ирттерсе тултарать. М. Евец тата Социализмла Ĕç Геройĕ И. Ермоленко ертсе пыракан бригадăсем кашни кун планран ирттерсе çĕршер кубометр ытла тăпра кăлараççĕ. Экскаваторщик В. Мячев ертсе пыракан бригада çак çул пуçланнăранпа 40 пин тенкĕ ытла перекетленĕ.

ГЭС çурчĕн айне бетон хывма хатĕрленеççĕ. Кăçал пĕтĕмпе пĕр миллион кубометра яхăн бетон тата тимĕр-бетон хывмалла. Котлованран инçетре мар бетон хатĕрлекен икĕ хăватлă автоматла завод тата чул вĕтетекен завод ĕçлеççĕ.

Атăлăн сулахай çыранĕнче пăрахутсем çÿремелли система тăваççĕ. Анатри шлюз мĕнле пуласси ытларах та ытларах палăрса пырать. Кунта гидростройра ĕçлекенсем 100 пин кубометра яхăн бетон хывнă та ĕнтĕ.

## Районти хаçат пуçарăвĕ

КАСИМОВ (Рязань облаçĕ), июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Районти «Звезда» хаçат хăйĕн страницисенче колхозниксен, бригадирсен, колхоз председателĕсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен заочнăй канашлăвне ирттернĕ. Хаçатра ялхуçалăхĕнче малта пыракансем 100 çын ытла хăйсен ĕç опычĕ çинчен каласа панă, ĕçри çитменлĕхсене критикленĕ, ĕçе лайăхлатмалли сĕнÿсем панă.

Паян КПСС Касимов райкомĕн бюровĕ заочнăй канашлу итогĕсене тунă. Лайăх ĕçлесе малта пыракансен опычĕ районти мĕнпур колхозсен бригадисене çитнĕ. Полеводсемпе механизаторсем хушшинчи туслăх тĕрекленнĕ.

Бюро ялхуçалăхĕнче малта пыракансен заочнăй канашлăвĕсене «Звезда» хаçат страницисенче малашне те ирттерме йышăннă.

## „Слава" флотилин чаплă ĕçĕ

Антарктикăна китсем тытма тухса кайнă «Слава» флотили Тăван çĕршыв çыранĕсенчен инçетре пулса 7 уйăх ытла çÿренĕ. Ĕнер, июнĕн 15-мĕшĕнче, СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин коллегийĕ мухтава тухнă флотили ĕçĕсене пăхса тухнă.

Флотили капитан-директорĕ Социализмла Ĕç Геройĕ А. Н. Соляник коллеги ларăвĕнче флотили 70 пин километр çул çинче пулни çинчен пĕлтернĕ. Рейс йывăр условисенче пулса иртнĕ. Апла пулсан та совет морякĕсем хăйсем умне лартнă задачăна чыслă пурнăçланă. Кит çăвĕ тата ытти паха продуктсем нумай хатĕрленĕ. «Слава-5» карап коллективĕ уйрăмах пысăк çитĕнÿсем тунă. Вăл 357 кит тытса задание 24 процент ирттерсе тултарнă.

Хальхи вăхăтра «Слава» флотили коллективĕ çитес рейса хатĕрленет. Карапсен оборудованине йĕркене кĕртеççĕ тата çĕнетеççĕ.

Министерство коллегийĕ «Слава» флотилийĕн ĕç итогĕсене пăхса тухса 8-мĕш рейса хатĕрленес тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттерме палăртнă.

## Кăнтăрла ĕçлекен кинотеатр

КИШИНЕВ, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер хулари культурăпа кану паркĕнче кăнтăрла ĕçлекен кинотеатр уçăлнă. Ку кинотеатр, Кишинев хулинчи ытти кинотеатрсемпе танлаштарсан, çакăнпа палăрса тăрать: кунта, Молдаван ССР Культура министерствин кинематографин главнăй управленийĕн инженерĕсемпе техникĕсем сĕннĕ тăрăх, экрана хлорвиниловăй смаларан туса лартнă. Çакăн пек экран кинофильмсене хĕвел суттинче те, электричество суттинче те кăтартма май парать. Кинокартинăри тĕссем те лайăх ÿкеççĕ.

## Станок ялавах юсавлă

ЕРЕВАН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ерместпромăн механически заводĕнчи А. Саркисян токарь универсальнăй фрезернăй станокпа ĕçлеме пуçланăранпа 25 çул тултарнă. Çав хушăра станока тĕппĕн пĕр хут та юсаман. Стахановец станока типтерлĕ пăхса усрать. Çапла вăл государство укçине 20.000 тенкĕ перекетленĕ.

Малта пыракан токарь тăватă станокпа ĕçлет. Ĕçе тĕрĕс йĕркеленине пула вăл кашни кунах ĕç нормине виçĕ хут иртерсе е унтан та ытларах тултарать.

# РЕСПУБЛИКА УЙ-ХИРĔСЕНЧЕ

## Хăмла ăстисен канашлăвĕ

Июнĕн 10-мĕшĕнче Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозра республикăри хăмла ăстисен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Çĕрпÿ, Вăрмар, Чурачăк, Куславкка, Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски районĕсенчи колхозсенчен хăмла ÿстерекен бригада бригадирĕсем, колхоз председателĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем пурĕ 240 çын пухăннă.

Канашлура Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕн заместителĕ Р. А. Осанов юлташ доклад турĕ. Вăл республикăри хăмла ăстисен çитĕнĕвĕсемпе малашнехи задачисем тата ку ĕçри уйрăм çитменлĕхсем çинчен каларĕ. Хăмла ăстисем, колхоз председателĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем Р. А. Осанов юлташ докладне итлесе сÿтсе явас ĕçе пысăк активлăхпа хутшăнчĕç. Бригадирсем хăмла ÿстерес ĕçри çитĕнÿсемпе, пысăк тухăçлă, тупăшлă хăмла туса илме пулăшакан опытсемпе паллаштарчĕç.

Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхоз бригадирĕ Ратников юлташ хăмла ÿстермелли агротехникăна тĕрĕс те вăхăтра пурнăçланипе иртнĕ çулта гектартан 10-шар центнер хăмла пухса илни, хăмла колхоза пысăк тупăш пани çинчен каларĕ.

Октябрьски районĕнчи «Путь коммунизма» тата «Звезда» колхозсен бригадирĕсем те иртнĕ çулта, çанталăк лайăх пулман пулсан та, кашни гектартан 14—17-шер центнер хăмла пухса государствăна памалли плана ытлашшипех тултарни çинчен каларĕç.

«Звезда» колхозра государствăна хăмла панăшăн илнĕ укçа-тенкĕ пĕтĕм тупăшăн 30 процентĕнчен кая пулмасть.

Канашлура пулнă хăмла ăстисем «Звезда» колхозăн хăмла плантацийĕсемпе, кунти агротехникăпа тата хăмла ÿстерес тĕлĕшпе ĕçе мĕнле организациленипе тĕплĕн паллашрĕç. Канашлу кăçал пысăк тухăçлă хăмла туса илме пулса обязательствăсем йышăнчĕ.

В. АНДРЕЕВ.



ÛКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозăн хăмла пахчинче. Хăмла ÿстерекенсен канашлăвне пухăннă юлташсем бригадир С. П. Фадеев юлташ каласа панине итлеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Пахча çимĕççем ÿстерeççĕ

КÿКЕÇ. «Гвардеец» колхоз членĕсем кăçал çуракине кĕске срокра, пысăк хавхаланупа туса ирттерчĕç. Çĕрулми лартмалли, выльăх апачĕ тумалли культурăсем акмалли плана вăхăтра пурнăçланă.

Колхозра пахча çимĕç лартас ĕçе те лайăх организацилерĕç. Ку ĕçе июнĕн 6-мĕшĕ тĕлне вĕçлерĕç. Пахча çимĕç лартса ÿстерес ĕçре районти ялхуçалăх пайĕн агрономĕ Е. Данилов вĕрентсе пырать. Ултă гектар çĕр лаптăкне тислĕк тăкса, тата минераллă удобренисем сапса лайăх çемçетнĕ. Кунта тĕрлĕрен культурăсем: кишĕр, хăяр, помидор тата купăста лартрĕç. Халĕ кишĕрпе хăяр пĕр тикĕс шăтса тухнă, купăстапа помидор кăларса лартнă.

Пахча çимĕç ÿстерме уйăрнă звено членĕсем кишĕр акнă лаптăка çумласа, кăпкалатса тухнă. Ытти культурăсене те сумкурăксенчен тасатаççĕ.

Хурт-кăпшанкăсем сиенлесрен пахча çимĕççене имçамсем сапса сыхлаççĕ.

Н. ДАНИЛОВА.

## Витесем тăваççĕ

СОВЕТСКИ. Жданов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçалхи производство планĕ тăрăх ĕне тата сурăх фермисем валли çĕнĕ витесем лартма йышăнса хăварчĕç. Плана пурнăçа кĕртме тăрăшса, колхоз правленийĕ государство уйăрса панă вăрмана касса хатĕрлес ĕçе лайăх организацилерĕ. Хĕллехи вăхăтра касса хатĕрленĕ йывăçа çуркунне шывпа илсе килнĕ.

Çак кунсенче фермăсем валли çĕнĕ витесем тума пуçларĕç.

В. АЛЕКСАНДРОВ.

## Вăйлă тырпулшăн

ВĂРНАР. Уравăшри Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Суртри калчисем пĕр тикĕс те патвар шăтса тухса паркаланчĕç. Çурхи тулă 130 гектар çине акса хăварнă. Вăл шутран 26 гектар вăрлăх участокĕ уйăрнă. Вăрлăх участокне агротехника тĕлĕшĕнчен пысăк пахалăхпа пăхаççĕ. Нумаях пулмасть 26 гектар çинчи тулă калчине аммиак селитри сапса пачĕç. Колхозра 7 гектар çине анлă ретпе акнă люцернăн вăрлăх участокĕ пур. Çак кунсенче колхозниксем çав участока сумкурăксенчен тасатса рет хушшисене кăпкалатрĕç.

Çавăн пекех иртнĕ кĕркунне колхоз 65 гектар çине кĕрхи тулă акса хăварнă. «Ульяновка» сортлă кĕрхи тулă калчи лайăх хĕл каçнă. Колхозниксем тулă калчине çуркунне кашни гектар çине 1,5 центнер сульфат аммонийĕ сапса пачĕç. Халĕ колхозниксем кĕрхи тулă пуссине шăтса тухнă ыраш калчинчен çумласа тасатаççĕ.

МТС-па тунă договор тăрăх тракторсемпе колхозра 240 гектар ирхи çĕртме сухи тумалла пулнă. Механизаторсем ирхи çĕртме сухи тумалли плана договорпа пăхнинчен 5 кун малтан тултарчĕç.

П. ПАВЛОВ.

## СИЛОС ХЫВАÇÇĔ

ЕЛЧĔК. Мичурин ячĕпе тăракан колхозăн кăçал 500 тонна силос хывмалла. Выльăх апачĕ валли пĕлтĕр 36 гектар çине ыраш акса хăварнă. Халĕ колхозра çак ыраш калчине çулса силос хываççĕ.

Малтанлăха 85 тонна хывнă та ĕнтĕ. Силос хывас ĕçе механизациленĕ. Ку ĕçре колхоза МТС пысăк пулăшу парать.

В. ЕРТМАКОВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Хула комитечĕн библиотекинче

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, КПСС Канаш хула комитечĕ пуçламăш парторганизацисене идеологилле ĕçе лайăхлатма чылай пулăшрĕ. Парторганизаци секретарĕсем, пропагандистсемпе консультантсем идеологилле ĕçе вăйлатрĕç.

Çак вĕренÿ çулĕнче хулари 1.161 коммунист тĕрлĕ майпа вĕренчĕ. Вăл шутран парти историне пĕрремĕш çул вĕренмелли кружокра 225 çын, иккĕмĕш çул вĕренмелли кружокра 157 çын, пысăкрах программăпа 201 çын вĕренчĕç. Кунсăр пуçне, 68 коммунист философине вĕренмелли семинарсене çÿренĕ.

Партин хула комитечĕ çумĕнче марксизм-ленинизмăн каçхи университетне уçнă. Университетра пурĕ 20 çын—предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем вĕренеççĕ. Кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, парти комитечĕн каçхи шкулĕ те аванрах ĕçлерĕ.

Комсомолăн политикăлла вĕренĕвне икĕ пине яхăн çамрăка хутшăнтарнă. КПСС хула комитечĕ комсомол вĕренĕвĕнче пулнă çитменлĕхсене сиенĕнчех пĕтерсе пычĕ, вĕренÿ пахалăхне ÿстерчĕ.

Хальхи вăхăтра хулари парторганизацисенчи политшкулсемпе кружоксенче итоглă занятисем пулса иртеççĕ. Малтанхи итогсем пирĕн ĕçре чылай ÿсĕмсем пурри çинчен калаççĕ.

Коммунистсемпе кадрсен политикăлла пĕлĕвне ÿстерес ĕçре КПСС хула комитечĕн библиотеки пысăк вырăн йышăнчĕ. Вăл пропагандистсемпе консультантсене тата вĕренекенсене куллен пысăк пулăшу парса пычĕ. Библиотекăна кĕнеке, хаçат-журнал илсе вулама пыракансен йышĕ тăтăшах ÿсрĕ. Библиотека коммунистсен чи юратнă вырăнĕ пулса тăчĕ.

Пропагандистсемпе коммунистсене куллен пулăшас ĕçе партбиблиотека хула комитечĕ çирĕплетнĕ план-расписани тăрăх туса пырать. Пропагандистсемпе консультантсен семинарĕсем вăхăтра пулса иртеççĕ. Семинарсен пахалăхĕ чылай хăпарчĕ. Пропагандистсемпе консультантсене И. В. Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенийĕпе тĕплĕн паллаштарас тесе, лекцисен циклне ирттернĕ.

Парти библиотеки пропаганда кадрĕсен квалификацине ÿстерес, вĕсене паха опытпа паллаштарас тĕлĕшпе чылай ĕçсем тăвать. Опыт пуянланнă май, нумай пропагандистсем вĕренÿ ĕçне лайăхрах йĕркелеме пултарчĕç.

Сăмахран, Г. Ковалев юлташ занятисене идея тĕлĕшĕнчен çÿллĕ пусăмра ирттерет. Вăл библиотекăра ирттерекен семинарсене пĕр сиктермесĕр çÿрет, унта теориллĕ ыйтусене сÿтсе явас ĕçе активлă хутшăнать. Семинарсенче консультаци илнисĕр пуçне, Г. Ковалев юлташ хăй тĕллĕн тăрăшса вĕренет, марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене тĕплĕн вулать. Материала лайăх пĕлни ăна занятисене ăнланмалла, çăмăл чĕлхепе тата интереслĕ ирттерме пулăшать. Çавăнпах ĕнтĕ вăл ертсе пыракан кружок ăнăçлă ĕçлет. Кружок кăçалхи вĕренÿ программине пурнăçларĕ. Халĕ пропагандист вĕреннĕ темăсем тăрăх обзорлă лекцисем ирттерчĕ.

Политшкулсемпе кружоксенче итоглă занятисене пысăк пахалăхпа, çÿллĕ пусăмра ирттерес тесе, эпир хулари мĕнпур пропагандистсемпе консультантсем валли инструктивлă доклад ирттертĕмĕр. Пропаганда кадрĕсене итоглă занятисене хатĕрленсе ирттересси çинчен КПСС хула комитечĕн бюровĕ йышăннă постановленипе паллаштартăмăр. Кунтах пропагандистсемпе консультантсем итоглă занятисем ирттерме мĕнле хатĕрленни çинчен, хăйсене мĕнле пулăшу кирли çинчен каласа пачĕç. Юлашкинчен В. Романов юлташ «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—совет халăхне çул кăтартса ертсе пыраканĕ» тема тăрăх итоглă занятисене мĕнле ирттермелли çинчен инструктивлă доклад туса пачĕ.

Парти библиотеки марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма та чылай лекцисемпе консультацисем ирттерет.

Библиотекăра пропагандистпа консультанта пулăшма витрина тунă, кружоксенче литературăпа тата пособисемпе усă курма кирлине кăтартакан выставка йĕркеленĕ.

Юлашки вăхăтра библиотекăна коммунистсем тата ытларах çÿреме пуçларĕç.

Библиотекăна консультаци илме, занятисене хатĕрленме е кĕнеке, хаçат-журнал вулама çÿрекенсен йышĕ ÿсни пирĕн кадрсем марксизм-ленинизм теорине вĕренес тĕлĕшпе ытларах тăрăшса ĕçлени çинчен калать. Библиотека çулсерен çĕнĕ кĕнекесем нумай туянать. Халĕ унта марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем 4.970 кĕнеке ытла, тĕрлĕ брошюрăсем 7.010 яхăн шутланаççĕ. Библиотекăна 29 хаçат, 66 журнал килсе тăрать.

**И. ЛАСТОЧКИН,**
КПСС Канаш хула комитечĕн секретарĕ.

# Çĕрпÿ районĕнче хаçат-журнал сарас ĕçе хакламаççĕ

КПСС Çĕрпÿ райкомĕн апрель уйăхĕнче пулса иртнĕ пленумĕнче районти çыхăну работникĕсем хаçат-журнал сарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлениие палăртнăччĕ.

Унтанпа икĕ уйăх иртрĕ, анчах Çĕрпÿ кулипе районти ялсенче хаçат-журнал сарас ĕçре пысăк улшăну пулмарĕ. Унтан та ытларах, нумай çынсен хаçат-журнал илсе тăма çырăнни срокĕ июнь уйăхĕнче тухать, çĕнĕрен çырăнтарас ĕçе халĕ те тивĕçлипе тытăнман.

Чăн та, предприятисемпе учрежденисене, ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсене кăçалхи çулшăн хаçат-журнал вăхăтра тата ытларах çырăнтарма нумай мерăсем йышăннă. Анчах чи кирли çине—уйрăм çынсене çырăнтарасси çине тивĕçлипе çаврăнса пăхман, ку ĕçе хăйне хăй пуласса ытларах шаннă.

Колхоз правленийĕсем артель производствин тĕрлĕ отраслисене организацилес, ертсе пырас ыйтусемпе тухакан журналсене тата центрта, республикăра, районта тухакан уйрăм хаçатсене çырăнса илме тивĕçлĕ ĕнтĕ. Анчах ку вăл колхозри вуншар работниксене çавăнпа усă курса харпăр хăй валли хаçат-журнал çырăнассинчен пăрăнса юлма хушни пулмасть темелле. Çĕрпÿ районĕнчи чылай колхозсенче вара ку ĕç çине урăхла пăхаççĕ.

Енĕшкассинчи çыхăну уйрăмĕн территорине 5 колхоз кĕрет. Пиллĕкĕшĕн правленийĕсем те колхоз укçи-тенкипе хаçат-журнал нумай çырăннă. Письмоносецсем колхоз правленийĕсене пыраççĕ те, вĕсенчи работниксене харпăр хăй валли те çырăнма сĕнеççĕ. Анчах чылайăшĕнче вĕсем пĕр пек ответ илтеççĕ:

— Правление вуншар хаçатсемпе журналсем килсе тăраççĕ пулсан, пире харпăр хăй валли çырăнни питех кирлĕ-ши? Кунта та вулама пултаратпăр...

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Несмелов, счетовочĕ Интересов юлташсем, уй-хир бригадирĕсем тата ытти ответлă работниксенчен чылайăшĕ пĕрер хаçат та çырăнса илмен. Маленков ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Лаврентьев, ял Совет исполкомĕн председателĕ Щербаков юлташсем пĕр хаçатсăр тăрса юлнă. Çавăн пек работниксем хаçат-журнал çырăнассинчен хăйсем пăрăнса юлаççĕ пулсан, вĕсем çыхăну работникĕсене пулăшу парассине кам кĕтме пултарать?

Михайловкăри çыхăну уйрăмĕн территорине Çĕрпÿ чугун çул станцийĕ, икĕ колхоз, «Заготзерно» пункчĕ, ялпо кĕреççĕ. Анчах хальхи вăхăтра хаçат-журнал пĕр пуслăх та сарман. Çыхăну уйрăмĕн начальникĕ Леонтьева колхозсемпе учрежденисене пырса та курмасть.

Парти райкомĕн бюровĕ çак кунсенче районта хаçат-журнал сарас ĕç мĕнле пыни çинчен сÿтсе яврĕ. Бюро Çыхăну министерствин районти кантурĕн начальникне Алексеев тата «Союзпечетĕн» районти организаторне Цветкова юлташсене ĕççыннисем хушшинче ытларах хаçат-журнал сарма пур мерăсем те йышăнма хушнă. Çавăн пекех бюро вырăнсенче хаçат-журнал çырăнса илесси мĕнле пыни çинчен пуçламăш парторганизацисен пухăвĕсенче сÿтсе явма кăтарту панă.

Район центрĕнчи предприятисемпе учрежденисенче, сăмахран, пир-авăр фабрикинче, ача çуртĕнче, районти финанс пайĕнче чылай работниксем хаçат-журнал çырăнмасăр юлни парти райкомне тахçанах паллă.

Ача çуртĕнче ĕçлекен 50 работникрен 30-шĕ ытла нимĕнле хаçат-журнал илмеççĕ, вĕсем хушшинче Евдокимовăпа Леонтьев коммунистсем те пур. Ку учрежденире идеологилле ĕç паянхи задачăсен çÿллĕшĕнче тăрайманнине пуçламăш парторганизаци секретарĕ Сидякина юлташ хăй те йышăнать. Коммунизмла пичете хакламан çĕрте массăсене идейăлла-политикăлла воспитани парас ĕçе лайăхлатассине кĕтме çук.

Райкомăн пропагандăпа агитаци пайĕнчи сведенисем тăрăх, районта халĕ пурĕ 840 агитатор шутланать. Вĕсем мĕнле хаçат-журнал, уйрăмах «Агитатор блокночĕ» миçе экземпляр çырăнса илнине никам та пĕлмест. «Агитатор блокночĕ», вырăсла тата чăвашла тухаканнисене пĕрле илсен, районта мĕн пурĕ те 310 экземпляр çеç сарнă, вăл шутран чи пысăк пайĕ—учрежденисемпе организацисем тата колхоз правленийĕсем çырăнса илни.

Районта ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарас ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартакан çыхăну работникĕсем те пур. Уйкасри çыхăну уйрăмĕн начальникĕ Федорова юлташ лайăх ĕçлет. Июнь уйăхĕнче вăл «Коммунизм ялавĕ», «Советская Чувашия» хаçатсене çеç 70 экземпляра яхăн сарнă. Анчах, районĕпе илсен, çыхăну работникĕсем хушшинчи социализмла ăмăртăва начар организациленĕ, тивĕçлĕ организацисем малта пыракансен опытне сарма тăрăшмаççĕ.

**Н. ВОЛКОВ.**

## ПАХА ÇУЛ-ЙĔРШĔН!

### ÇУЛ-ЙĔР СТРОИТЕЛЬСТВИ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА
(Июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне, процентпа)

| Районсем, çул участокĕсем | Материалсем турттарни | Çĕр чавни | Чул сарни | Кĕпер туни |
|---|---|---|---|---|
| 1. Шупашкар | 96 | 81 | 40 | 22 |
| 2. Первомайски | 96 | 53 | — | 12 |
| 3. Шăкасан | 61 | 78 | 60 | 52 |
| 4. Чкаловски | 60 | 60 | 64 | 48 |
| 5. Муркаш | 53 | 68 | 46 | 31 |
| 6. Элĕк | 50 | 67 | 45 | 23 |
| 7. Тăвай | 50 | 100 | 29 | 15 |
| 8. Улатăр | 50 | 52 | 18 | 22 |
| 9. Красноармейски | 50 | 26 | 3 | — |
| 10. Пăрачкав | 50 | — | 10 | 54 |
| 11. Çĕмĕрле | 44 | 75 | 14 | 59 |
| 12. Канаш | 43 | 21 | 5 | 71 |
| 13. Октябрьски | 43 | 4 | 9 | 25 |
| 14. Елчĕк | 40 | 75 | — | 51 |
| 15. Советски | 40 | 39 | 6 | — |
| 16. Комсомольски | 38 | 55 | 60 | 55 |
| 17. Ишлей | 38 | 61 | 14 | 30 |
| 18. Çĕрпÿ | 37 | 45 | 12 | 17 |
| 19. Чурачăк | 35 | 44 | 15 | — |
| 20. Хĕрлĕ Чутай | 35 | 16 | 13 | 12 |
| 21. Вăрмар | 25 | 27 | 14 | 70 |
| 22. Шăмăршă | 23 | 26 | — | 20 |
| 23. Йĕпреç | 23 | 16 | — | 10 |
| 24. Куславкка | 21 | 24 | 10 | 13 |
| 25. Вăрнар | 20 | 86 | — | 48 |
| 26. Сĕнтĕрвăрри | 18 | 86 | — | 61 |
| 27. Сĕнтĕр | 18 | 16 | 4 | 57 |
| 28. Кувакино | 18 | 22 | — | 21 |
| 29. Етĕрне | 18 | 15 | 1 | 27 |
| 30. Калинино | 12 | 44 | — | 9 |
| 243 çул участокĕ | 54 | 60 | 11 | 24 |
| 242 çул участокĕ | 35 | — | — | 12 |
| 50-мĕш МДС | 27 | 44 | 13 | 1 |
| 241 çул участокĕ | 24 | 14 | 6 | 54 |
| 240 çул участокĕ | 21 | 23 | — | 2 |

### Пур колхозсен те ĕçе хутшăнмалла

1952 çулта Хĕрлĕ Чутай районĕнчи хăшпĕр колхозсем çул çинче ĕçлеме ялан лăх бригадăсем тунă. Бригада членĕсем ĕçе лайăх хăнăхса çитнĕ, техникăпа паллашнă, çулсене яланах лайăх пăхса тăнă. Кун пек туни дисциплинăна çирĕплетнĕ, ĕç тухăçлăхне хăпартма пулăшнă. Çавна пула Андреев ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан, «Агроном», «День урожая», «Марксист», «Свет», «Путь Ильича», «Правда» колхозсем плана ăнăçлă тултарнă. Анчах асăннă колхозсем, «Правда» колхозсăр пуçне çак паха опытпа кăçал усă курмаççĕ.

Кăçал Атнар ялĕ çумĕнче çул тăваççĕ. Атнарти Андреев ячĕпе тăракан колхозăн плана кĕске срокра тултарма май пур. Ĕçре уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартнăшăн пĕлтĕр ял Совечĕн председателĕ Вазикова тата колхоз председателĕ Сидоров юлташĕсем Çул-йĕр управленийĕпе çул-йĕр работникĕсен профсоюз обкомĕн Хисеп грамотине илме тивĕçлĕ пулнă. Анчах кăçал вĕсем ĕçе пикенсе тытăнман. Чăн та, июнĕн 1-мĕшĕнче колхозран 39 çын тухнă. Ун хыççăн икĕ кун пачах ĕçлемен. Халĕ те ĕçре улшăнусем пулманпа пĕрех. Ытти колхозсенчен те ĕçлекенсем сахал.

Ĕçлекенсем сахалли тата тăтăшах улшăнни çул тăвас ĕçре пысăк чăрмав кÿрет. Колхозсемпе ял Совечĕсен председателĕсем колхозсене участоксем çирĕплетсе паман.

Кунта машинăсемпе çул тăвакан станцин механизаторĕсем ĕçлеççĕ. Çĕр чавса купалас ĕçе йĕркелеменнипе пуян техника час-часах ахаль тăрать. Асăннă станци çумне çирĕплетнĕ 25 колхозран 8 колхоз кăна ĕçе тытăннă.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**
(Хамăр корр.).

## Политикăлла-массăлла ĕçе çÿлĕ пусăма

Шупашкар районĕнчи ĕççыннисем, Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсем чĕнĕве калаллине сÿтсе явса, çул-йĕр строительстви планне срокчен тата ирттерсе тултарма, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тума пулса социализмла обязательствăсем йышăнчĕç. Çул çинче массăллăн ĕçлеме тытăничченех агитаторсемпе пропагандистсем, коммунистсемпе комсомолецсем, ялти активистсем колхозниксене çул-йĕр строительствин халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ çинчен тĕплĕн ăнлантарса пачĕç.

КПСС райкомĕ колхозниксем хушшинче массăлла-политикăлла ĕç тумалли план йышăнчĕ, коммунистсене тата комсомолецсене тĕрĕс ĕçе вырнаçтарчĕ. Ĕççыннисене çул-йĕр строительствине массăллăн хутшăнтарас тесе, райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн бюровĕ йышăннă тăрăх, июнĕн 1-мĕшĕпе 14-мĕшĕ хушшинче çĕр чавса купаламалли ĕçе туса çитермелли икеэрнелĕх ирттертĕмĕр. Икеэрнелĕх вăхăтĕнче куллен вăтам шутпа пĕр пин çын ытла çуран, 200 çын лавпа ĕçлерĕ.

Массăлла ĕç ăнăçлă пуласси ăна тĕрĕс, пĕлсе организациленинчен, кашни çын валли тухăçлă ĕçлеме майсем туса панинчен, социализмла ăмăртăва анлăн сарнинчен килет. Çавна асра тытса, колхозсенчи парторганизацисем массăлла-политикăлла ĕçе вăйлатма, коммунистсен производствăри авангардлă рольне ÿстерме тăрăшаççĕ. Çĕр çын ытла халĕ агитатор пулса ĕçлет. Çул çинче плакатсемпе лозунгсем çакăнса тăраççĕ. Вĕсем колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсене панă сăмаха чыслăн пурнăçлама чĕнеççĕ. Ăмăрту мĕнле пынине витринăсемпе «боевой листоксенче» сутатаççĕ. Чылай ял Совечĕсенчи вулав сурчĕсемпе библиотекăсем çак кунсенче хăйсен ĕçне çул çине куçарчĕç. Каннă вăхăтра колхозниксем хаçат-журналсем, кĕнекесем вулаççĕ, докладсем, лекцисем итлеççĕ. Каç-каç Шăмăшра тата çывăхри ялсенче юрă, музыка сасси илтĕнет. Культурăлла-массăлла ĕçе Шĕнерпуçĕнчи клуб заведующийĕ Илларионов юлташ, Шăмăшри клуб заведующийĕ Михайлов юлташ, Илпешри клуб заведующийĕ Орлова юлташ уйрăмах лайăх йĕркеленине палăртас пулать.

Çул çинче ĕçлекенсене кинокартинăсем чылай кăтартнă. Культура çурчĕн агиткультбригади художествăлла пултарулăх кружокĕсен вăйĕпе концерт пачĕ. Концерт ăнăçлă иртрĕ. «Союзпечетĕн» уйрăмĕ çĕнĕ хаçат-журналсем илсе тухса сутать.

Агитаторсене, культура работникĕсене ертсе пыма КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующи заместительне Свинцов юлташа уйăрнă.

Социализмла ăмăртăва коммунистсемпе комсомолецсем пуçарса ертсе пыраççĕ. Вĕсем хастарлă ĕçпе, хĕрÿллĕ сăмахпа партире тăман колхозниксене тухăçлă ĕçлеме хавхалантараççĕ. «Память Кирова» колхозри коммунистсем пурте çул çинче ĕçлеççĕ. Вĕсем колхозниксем хушшинче агитаципе массăлла ĕçе куллен туса пыраççĕ. Колхоз председателĕ Михайлов юлташ тата пуçламăш парторганизаци секретарĕ Егоров юлташ ĕçри çитменлĕхсене сиенĕнчех пĕтерсе пыраççĕ, юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшаççĕ.

Районти комсомолецсемпе çамрăксем çул-йĕр строительствине çулсерен активлă хутшăнаççĕ. Вĕсем кăçал та паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Комсомол организацийĕсем пуçарнипе çамрăксем хушшинче государство планне срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăвассишĕн социализмла ăмăрту анлăн сарăлса кайрĕ. «Гвардеец», «Память Кирова», Молотов ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан колхозсенчи комсомолецсемпе çамрăксем нумайăшĕ ĕç нормине куллен ирттерсе тултараççĕ.

Райисполкомпа КПСС райкомĕ çул-йĕр строительстви мĕнле пынипе, уйрăм ял Совечĕсемпе колхозсем тата пуçламăш парторганизацисем илнĕ обязательствăна мĕнле пурнăçланипе куллен интересленеççĕ, ĕçри çитменлĕхсене сиенĕнчех пĕтерме, ăмăртăва вăйлатса пыма тăрăшаççĕ. Ăмăртура мала тухнă ял Совечĕсемпе колхозсене пама райисполкомпа парти райкомĕ куççа çÿрекен Хĕрлĕ ялав турĕç, районти хаçатра «Хисеп хăми» организациленĕ.

Чул сарса çĕнĕ çул тата кĕпер тăвас, киввисене юсас ĕçе материалсем çителĕклĕ хатĕрлесе турттарса кăларни татса парать. Çакна асра тытса, районти колхозсем материалсем турттарса кăлармалли çулталăкри плана июнĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕç. Июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне çак плана 98 процент тултарнă. Çĕр чавса купаламалли плана та 81 процент ытла тултарнă.

Çул-йĕр строительствинче çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Хăшпĕр колхоз председателĕсем тата пуçламăш парторганизаци секретарĕсем колхозниксене çул çинче массăллăн ĕçлеме мобилизацилемен, уйрăм бригадăсенче политикăллă-массăлла ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен, «боевой листоксем» кăлармаççĕ. Агитаторсем, коммунистсемпе комсомолецсем, çул-йĕр работникĕсем малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарас ĕçе вăйлатма тивĕçлĕ.

**М. ЗАЙЦЕВ,**
КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ.

## Ăмăртса ĕçлекенсем

КУСЛАВККА. Ялхуçалăхĕнче пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлекен «Динамо» тата «Правда» колхозсем çул-йĕр строительствинче те ырă тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

«Динамо» ялхуçалăх артелĕн 200 кубометр чул кăлармалла, 1.360 кубометр чухлĕ çĕр ĕçĕ тумалла. Тăвайсен чĕнĕвне сÿтсе явнă хыççăн, çак плана пурнăçлама 65 çынтан бригада йĕркеленĕ.

Бригада членĕсем июнĕн малтанхи кунĕсенчех ĕçе йышлăн тухрĕç. Пĕрисем чул хатĕрлесе турттараççĕ, теприсем — Шупашкарпа Куславкка хушшинчи çула юсаççĕ. Малтанхи кунсенче 150 кубометр ытла чул хатĕрлесе турттарнă, çĕнĕ кĕпер хывнă.

Çул юсакансем те чул кăларакансенчен юлмаççĕ. Вĕсем çĕршер кубометр тăпра чавса купаланă. И. Волков, П. Сорокин, В. Мясников тата А. Краснов колхозниксем ĕç нормине кашни кун ирттерсе тултараççĕ. Бригада членĕсем кăçалхи çул-йĕр строительстви планне июнĕн 28-мĕшне—районти юрă праçникĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешеççĕ.

**А. АРТЕМЬЕВА.**

# ХУРА ТĂПРАЛЛĂ МАР ТĂРĂХРА ТЫРПУЛ ТУХĂÇЛĂХНЕ ÿСТЕРЕССИ ÇИНЧЕН

*Т. Д. Лысенко академик*

Мичуринла агрономи биологийĕ юлашки çулсем хушшинче пысăк çитĕнÿсем турĕ. Анчах та пирĕн социализмла ялхуçалăх условийĕсенче вăл тата пысăкрах ÿсĕмсем тума пултарнă. Çапла пултăр тесен наука работникĕсен ÿсентăрансем, выльăх-чĕрлĕхсем тата микроорганизмсем мĕнле аталанни çинчен калакан пĕлÿсене тата лайăхрах ăнланса илмелле, хăйсен ĕçĕсене колхозсемпе совхозсенчи практикăпа тачăрах çыхăнтарса туса пымалла тата практикăри паха ĕçсене агрономсемпе, производствăри работниксемпе пĕрле наука кăтартнă пек татса памалла.

Г. М. Маленков юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра Совет Союзĕн Европăри пайĕнчи хура тăпраллă мар районĕсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене пурнăçа кĕртни пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

Çак задачăна татса парас ĕçре производствăна агрономи биологийĕ пысăк пулăшу пама тивĕç.

Хура тăпраллă мар тăрăхри нумай районсенче тăпра ытлашширех йÿçеклĕ.

Çак статьяра йÿçеклĕ кĕллĕ тăпрасене извеçлесси çинчен, çав тăпрасем çинче фосфорлă удобренисемпе мĕнле усă курасси çинчен тăракан ыйтусене пăхса тухнă.

Ку ыйтусем тĕлĕшпе ялхуçалăх наукинче темиçе вунă çул хушши ĕçлет ĕнтĕ. Тăпрана извеçлесе тата фосфорлă удобренисем хывса ĕçленĕ практикăра паха материалсем темĕн чухлех пухăннă пулсан та, çав материалсене ку таранччен те наука хушнă пек пĕтĕçтерейменн. Çавăнпа та наука работникĕсем ку таранччен те кĕллĕ тăпраллă районсенче вăй-хал, укçа-тенкĕ ытла нумай пĕтермесĕрех ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне хăпартма май паракан сĕнÿсем пама пултарайман.

Йÿçексĕр тăпрара тĕрлĕ микроорганизмсем ĕрчеççĕ. Вĕсем тăпран органикăллă пайне (вырса илнĕ тырă тымарĕсемпе хăмăл юлашкисене), çавăн пекех тата тăпрари тĕрлĕрен органикăллă мар веществосемпе удобренисене ÿсентăрансем илсе тăма юрăхлă тăваççĕ.

Йÿçек тăпрара ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсем питех ĕрчеймеççĕ. Ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансене ÿсме кирлĕ апата тăпрари бактерисем хатĕрлеççĕ, анчах çав бактерисем тăпрари йÿçек паллă нормăран ытлашши пулсан (pH 4,5 каярах пулсан) пурăнма пултараймаççĕ. Çавăнпа та йÿçек тăпрара ÿсентăрансем илсе тăракан апат сахал, ун пек тăпрара уйрăмах фосфорлă апат сахал пулать. Йÿçек тăпра çине акнă ÿсентăрансем апат çитменнипе аптăраççĕ, имшер пулаççĕ, вĕсен пурнăçри чăтăмлăхĕ чылай чакать. Ун пек тăпра çинче ÿсентăрансем уйрăмах çанталăкран килекен йывăрлăхсене тÿсеймеççĕ, сăмахран, клеверпа кĕрхи тулă тата люцерна хĕллехи сивĕсене чăтаймаççĕ. Йÿçек тăпраллă çĕр çине акнă клеверпа кĕрхи тулă калчисем хĕлле шăнса пĕтни час-часах çавăнтан килет те ĕнтĕ.

Опытсем çакна кăтартса параççĕ: йÿçек тăпрара мĕнле те пулин майпа ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем илсе тăмалли апата çителĕклĕ пулмалла тусан, ÿсентăрансем çав тăпра çинче те лайăхах çитĕнеççĕ, вĕсен чăтăмлăхĕ çирĕп пулать. Ун пек условисенче клеверпа кĕрхи тулă та лайăх хĕл каçаççĕ, вăйлă ÿссе çитĕнсе пысăк тухăçлă пулаççĕ.

Çакă вăл акă мĕне пĕлтерет: тăпрари шĕвекре пулакан йÿçек ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансемпе вĕсен тымарĕсемшĕн сиенлĕ мар. Тăпрари йÿçек пирки ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем хĕн курни, малтанах каланăччĕ, çакăнпа çыхăнса тăрать: çавăн пек тăпрара çав ÿсентăрансем валли апат тăвакан бактерисем пурăнма пултараймаççĕ.

Йÿçек тăпрана удобренисем хывса, ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансемшĕн / усăллă микроорганизмсене пурăнма кирлĕ условисем туса парас пулать. Çав условисене туса памасан, йÿçек тăпраллă çĕрсене хывнă питех те кирлĕ минераллă, уйрăмах фосфорлă (суперфосфат) удобренисен пысăк пайĕ ÿсентăрансемшĕн ахалех тăрса юлать, мĕншĕн тесен ÿсентăрансем тымарĕсемпе çав удобренисемпе усă кураймаççĕ.

Кĕллĕ тăпраллă çĕр çинче акса тăвакан тырпул тухăçлăхне хăпартас ыйтăва татса панă чухне яланах çакна асра тытас пулать: тăпрари йÿçек хăй те микроорганизмсем тăвакан продукт пулать. анчах çав йÿçек вăйне тăпрари кальци пĕтерсе тăрать, вара тăпра йÿçеклĕ пулмасть.

Çавăнпа та тăпрари углекислăй кальци ирĕлсе юхса кайса пĕтсен, тăпра тĕрлĕрен микроорганизмсем туса кăларакан йÿçексемпе йÿçекленет. Пĕтĕмĕшпе илсен, тăпрара йÿçек те, щелок та, пĕтĕм тăпра пекех, ÿсентăрансемпе микроорганизмсем ĕмĕрхи породăри минералсене ирĕлтернипе пулаççĕ.

Микробиологсем çакна кăтартса панă: кирек мĕнле ÿсентăрансем çитĕнеççĕ пулсан та, унти тăпрара çавăн йышши ÿсентăрансене усăллă микроорганизмсем пулаççĕ, вĕсем çав ÿсентăран тымарĕсем сарăлнă вырăнта пурăнаççĕ. Çавăнпа та пĕр йышши ÿсентăрансен пурнăçĕпе çав ÿсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсен пурнăçĕ тачă çыхăнса тăраççĕ. Тăпрари усăллă микроорганизмсем мĕн чухлĕ лайăхрах та ытларах ĕçлеççĕ, ÿсентăрансем илсе тăракан апат та çавăн чухлĕ ытларах пулать, вара ÿсентăрансем çавăн чухлĕ лайăхрах аталанса çитĕнеççĕ. Тепĕр енчен, ÿсентăрансем мĕн чухлĕ лайăхрах çитĕнеççĕ, вĕсен тымарĕсем тата тымарсем туса кăларакан продуктсем çавăн чухлĕ нумайрах пулаççĕ, кусем вара çав ÿсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсене лайăхрах ĕрчеме пулăшаççĕ. Çакăнта пулать те ĕнтĕ ÿсентăрансем тăпрари хăйсемшĕн усăллă микроорганизмсемпе çыхăнса тăни.

Анчах та чĕрĕ тымарсемпе вĕсем туса кăларакан продуктсем çав ÿсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсене пурăнма кирлĕ элементсенчен пĕри кăна пулса тăраççĕ. Тăпрари усăллă микроорганизмсене тăранса пурăнма çавăн пекех тата тăпрари чĕрĕ мар органикăллă веществосемпе тĕрлĕрен минераллă веществосем кирлĕ.

Практика та, наука та тахçантанпах çакна пĕлеççĕ: питĕ йÿçеклĕ кĕллĕ тăпра çинче ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем начар çитĕнеççĕ, хăшĕ-пĕрисем, сăмахран, тулă, клевер, люцерна т. ыт. те пачах çитĕнеймеççĕ, пĕтсе лараççĕ. Тăпрари йÿçек вăйне чакарма известь хывсан, йÿçек сахалланать, вара нумай чухне, анчах яланах мар, ялхуçалăхĕнчи чылай ÿсентăрансем, анчах каллех пурте мар, самаях лайăх ÿссе аталанаççĕ.

Тăпрари йÿçеке чакарма тăпрана известь чылай хывас пулать, гектар пуçне 3—5 тонна е унтан та ытларах кирлĕ. Анчах практика ĕнтĕ тахçанах çакна асăрханă: кĕллĕ йÿçек тăпрана извеçленипе пĕрлех çав тăпра çинче нумай çул ÿсекен курăксене ÿстерсе тухăçлă утă туса илмесен, малашне извеçленĕ хыççăн темиçе çултанах, çав тăпра çинче тырпул унччен-хинчен те начартарах пулма пуçлать. Кун пек тăпрари йÿçек извеçличчен пулнă виçенех çитет. Çавна яланах лайăх асра тытни кирлĕ.

Çавăнпа та практикăра та, наукăра та çак правилăна йышăннă: кĕллĕ йÿçек тăпрана извеçленипе пĕрлех çав тăпра çинче тăпрана органикăллă веществосемпе пуянлатакан нумай çул ÿсекен курăксене вăйлă çитĕнтермелле. Кĕллĕ йÿçек тăпрара органикăллă веществосем питех те сахал пирки (ку веществосем тăпрари усăллă микроорганизмсене кирлĕ апат пулса тăраççĕ), çавăн пекех тата ун пек тăпрара ÿсентăрансем илсе тăракан фосфор та сахал пулнă пирки, йÿçек тăпрана извеçленĕ хыççăн унта нумай çул ÿсекен курăксем (клевер) акнипех сахалха, çав тăпрана тислĕк тата фосфорлă удобренисем (суперфосфат) хывса лайăхлатас пулать. Çапла тусан вара извеçленĕ тăпраллă çĕр çинче нумай çул ÿсекен курăкпа пĕр вырăна акнă тĕштырă культури те вăйлă пулать, ăна вырса илнĕ хыççăнхи çулсенче нумай çул ÿсекен курăксем те вăйлă пулаççĕ.

Пуриншĕн те паллă, тăпрара тырпула ÿсме кирлĕ япаласем мĕн чухлĕ ытларах, ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем çавăн чухлĕ вăйлăрах аталанса пысăк тухăçлă пулаççĕ. Анчах çавăн пекех тата çакна та пĕлсе тăрас пулать: ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем, уйрăмах нумай çул ÿсекен курăксем, мĕн чухлĕ вăйлăрах аталанса пысăк тухăçлă пулаççĕ, тырра ÿсме мĕн кирли тăпрара ытларах пулать. Ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансене, малтанах каланăччĕ, уйрăмах нумай çул ÿсекен курăксене, вăйлă аталантарса пысăк тухăçлă тумасăр, извеçлесен те, удобренисемпе çемçетсен те, ÿсентăрансене кирлĕ апат тĕлĕшпе чухăн шутланакан кĕллĕ тăпрана культурăлатма, лайăхлатма май çук, унта тырпул вăйлă ÿсмелле тума май çук. Ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем вăйлă аталанса тухăçлă пулассипе тата тăпрари тырра ÿсме кирлисем мĕн чухлĕ пулассипе пĕр-пĕринпе çыхăнса тăраççĕ, пĕр-пĕринчен килеççĕ. Ÿсентăрансемпе тăпра пĕр-пĕринпе çапла çыхăнса тăни, вĕсен пахалăхĕ пĕр-пĕринчен килни тăпрари микроорганизмсем урлă пулса пырать.

Çавăнпа та ĕнтĕ ялхуçалăх науки работникĕсен пуринчен малтан çакăн çинчен шутламалла: кĕллĕ йÿçек тăпрана лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçленĕ чухне тăпрари микроорганизмсене пурăнма лайăх условисем тума майсем шыраса тупмалла. Çакă тырпул начар пулакан кĕллĕ йÿçек тăпрана лайăхлатас тĕлĕшпе ăнăçлă ĕçлемелли çак пĕртен-пĕр тĕрĕс çул пулать.

Ялхуçалăхĕнчи ÿсентăрансем, малтах каланăччĕ, тăпрари микроорганизмсем туса кăларакан продуктсемпе тăранса пурăнаççĕ. Çав микроорганизмсен пурнăç условийĕсене лайăхлатсан, вара часах тырпул вăйлă ÿссе пысăк тухăçлă пулма пуçлать. Ялхуçалăх культурисем, уйрăмах нумай çул ÿсекен курăксем вăйлă ÿссе пысăк тухăçлă пулни тăпрана органикăллă веществопа пуянлатать, ку вара тăпран тырра ÿстерекен пултарулăхне вăйлатма кирлĕ паха услови пулса тăрать.

Йÿçек тăпрари микроорганизмсем лайăх ĕçлеме пултараймаççĕ, вĕсен пурнăçĕ пĕтсе ларас патнех çитет, çакăн пирки вара йÿçек тăпрара ÿсентăрансем илме пултаракан азот, кÿкĕрт, уйрăмах фосфор питĕ сахал пулать. Çавăнпа та йÿçек нумай тăпрана извеçлесен, сахал йÿçеклĕ тăпрана извеçлемесĕрех, фосфорлă удобренисем хывни пысăк тухăçлă тырă, уйрăмах клевер, люцерна, кĕрхи тулă туса илмелли ĕçе татса паракан услови пулса тăрать. Анчах опыт тата практика çакна кăтартса параççĕ: йÿçек тăпрана суперфосфат çăнăхĕ хывни извеçленĕ чух та, извеçлемен чухне те усă сахал парать. Яланах тенĕ пекех, фосфор йÿçекне йÿçек тăпра пĕтĕмĕшпе тенĕ пекех сăхса илет те, ÿсентăрансене нимĕн усси те пулмасть. Çавăнпа та йÿçек тăпрана фосфорлă удобренисем хывнă чухне çав удобренисене питĕ пĕлсе хатĕрлемелле: тăпрана хывакан фосфора тăпрари микроорганизмсем илсе усă курма пултарччăр, вара çав микроорганизмсем туса кăларнă продуктсемпе ÿсентăрансем тăранма пуçлаççĕ.

**Опытсем çакна кăтартса параççĕ: кĕллĕ йÿçек тăпра çинче, ăна извеçленĕ чухне те извеçлемесен те, суперфосфат çăнăхне кăшт та пулин çĕрĕк тăприпе хутăштарса хывсан лайăхрах пулать, лайăх компостпа хутăштарса хывсан тата пахарах. Суперфосфат çăнăхне органикăллă веществосем-**

# Ĕççыннисен çуллахи канăвне лайăх йĕркелер

Сывлăха çирĕплетмелли чи лайăх вăхăт—çу кунĕсем çитрĕç ĕнтĕ. Çак вăхăтра рабочисемпе служащисем нумайăшĕ отпуск илсе канассĕ. Вĕсем хăйсен сывлăхне Крымри, Кавказри тата ытти çĕрти чаплă санаторисенче тата вырăнти сывлăх учрежденийĕсенче çирĕплетессĕ. Кăçал пирĕн республикăри профсоюз организацийĕсем панă путевкăсемпе сакăр пин çын канмалли çуртсенче, пилĕк пин çынна яхăн тĕрлĕ санаторисене курортсенче пулассĕ. Пирĕн республикăра лайăх ĕçлекен кану çуртĕсем пур.

Майăн 20-мĕшĕнче Ильинкăри кану çуртĕ ĕçлеме пуçларĕ. Унта кăçал çу касиччен 3.500 çын канмалла. Учительсен Атăл леш енчи канмалли çуртĕнче кăçал 1.800 çын канать. Республикăри ĕççыннисем Кувшинкăри кану çуртне, Чуварлейри тата Ильинкăри санаторисене те ыраассĕ. Хăшпĕр предприятисем хăйсен коллективĕсем валли ятарласа кану çуртĕсем организацилессĕ, рабочисемпе служащисене пĕркунлăх канмалли çуртсене яраççĕ. Сăмахран, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн профилакторинче çуллахи вăхăтра виççĕр ытла рабочипе служащи канмалла. Çак комбинатра кашни уйăхрах вуншар çын санаторисене тата канмалли çуртсене кайма путевкăсем илессĕ.

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн профсоюз комитечĕ рабочисемпе служащисен канăвне лайăх организацилес тĕлĕшпе план тунă. Профсоюзпа комсомол комитечĕсем пуçарнипе канмалли кунсенче рабочисемпе служащисене Атăл леш енне илсе каяççĕ, краеведени музейне, театрсене, киносене пĕрлешсе кайса кураççĕ. Кунта профсоюз фабкомĕ санаторисене тата курортсене ярса сыватмалли çынсене пĕтĕмпех шута илнĕ. Канашри вагонсем юсакан, Шупашкарти электроаппаратура завочĕсенчи профсоюз, комсомол организацисем те çавăн йышши мероприятисене пурнăçлама тытăннă.

Çамрăксем çуллахи вăхăтра туристла тата альпинистла походсем, экскурсисем, спорт вăййисемпе ăмăртусем иртерессĕ. Ачасем валли пионер лагерĕсем уçăлассĕ. Çуллахи вăхăтра пирĕн республикăра профсоюз организацийĕсем 28 лагерь уçассĕ, вĕсенче 6.500 ача пулать.

Кашни канмалли куна усăллă та культурăллă иртермелле. Экскурсисем иртерсе историллĕ вырăнсемпе паллаштармалла, халăха интереслентерекен ыйтусем тăрăх лекцисемпе докладсем иртермелле. Канмалли кунсенче пăрахутпа ярăнса çӳрессине пуçармалла. Кашни çамрăка массăлла спорт ăмăртăвĕсене хутшăнтармалла. Çак ĕçсене профсоюзсен вырăнсенчи пур комитечĕсем те тата комсомол организацийĕсем тума пултараççĕ.

Пĕрлешсе кино е çĕнĕ постановка курма, пĕр кунлăх канмалли çуртсене, паркĕсемпе садсене тата экскурсисене каяссине организацилесси вĕсен ĕçĕ пулса тăрать.

Çуллахи вăхăтра культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕсене çĕнетсе урăхлатмалла. Кашни хулара, район центрĕсенче культура çурчĕсем, библиотекăсем, кинотеатрсем, стадионсем, спортплощадкăсем пур. Ĕççыннисен культурăллă канăвне организацилес ĕçре çак асăннă учрежденисене пурне те активлăн хутшăнтармалла.

Ĕççыннисен канăвне лайăх организацилес тĕлĕшпе совет, профсоюз тата комсомол организацийĕсен куллен ĕçлемелле. Суту-илӳ организацисем те çак ĕçре нумай пулăшма пултараççĕ. Вĕсен çуллахи суту-илӳ ĕçне лайăх туса пыма тăрăшмалла.

А. АЛЕКСЕЕВ.

# Кизел çĕр кăмрăк бассейнĕнчи драма театрĕн гастролĕсем пуçланас умĕн

Июнĕн 19-мĕшĕнче Шупашкарта Молотов облаçĕнчи Кизел çĕр кăмрăк бассейнĕнчи драма театрĕ спектакльсем лартма тытăнать. Çавна май пирĕн корреспондент çак театрăн главнăй режиссерĕпе Г. М. Сумкин юлташпа калаçнă. Вăл çапла каласа панă:

— Июнĕн 13-мĕшĕнче Кизел хулинче Чăваш республикинчи вырăс драма театрĕ латышсен паллă классикĕ Ян Райнис çырнă «Вей, ветерок» пьесăна лартса пачĕ. Çак пьесăна пирĕн хулари ĕççыннисем юратса пăхрĕç, артистсем лайăх выляннине палăртрĕç.

Чăваш республикинчи вырăс драма театрĕ Кизел хулинче пулнă вăхăтра пирĕн театр сирĕн республикăна килет. Вăл июнĕн 19-мĕшĕнче Шупашкарта пĕрремĕш спектакль А. М. Горькин «Старик» пьесине лартса парать.

Кизел хулинчи драма театрĕ 1928 çултанпа ĕçлет. Вăл Уралти горняксене спектакльсем кăтартать. Халиччен театр Молотов облаçĕнчен тухса ытти республикăсемпе облаçсене кайни пулманха. Çавăнпа эпир Чăваш республикине гастроле килнине питех те пысăк хисеп вырăнне хурса йышăнатпăр. Çакă вăл пирĕн театр коллективĕшĕн куракансем умĕнче творчествăлла отчет панă, хăйĕн вăйне тĕрĕслени пулĕ. Эпир Чăваш республикине килме тĕплĕн тата тăрăшса хатĕрлентĕмĕр. Театр репертуарĕнче çĕнĕ те паха пьесăсем пур. Çав пьесăсем театр коллективĕ идейăпа творчество тĕлĕшĕнчен мĕнле шайра тăнине кăтартса пачĕ. Эпир сирĕн республикăри ĕççыннисене Вс. Ивановăн «Бронепоезд 14-69», И. Поповăн «Семья», А. М. Горькин «Старик», А. Якобсонăн «Шакалы», А. Н. Островскин «Сердце не камень», Л. Ошанинпа Успенскаян «Твое личное дело» пьесăсене кăтартатпăр. Асăннă спектакльсем Шупашкарта июль уйăхĕнче пулассĕ. Унччен эпир Шекспирăн «Двенадцатая ночь», узбек драматургĕн Мусреповăн «Поэма о любви», Слепянăн «Ночной звонок» комедине, Купринăн «Олеся» ятлă инсценировкине, О. Гольдсмитăн «Ночь ошибок» ятлă сатирăллă комедине кăтартатпăр.

Пирĕн театр Шупашкар хулинчи клубсенче те постановкăсем парать. Улатăрта, Канашра, Сĕнтĕрвăррипе, Çĕмĕрлере, Куславккара пулса спектакльсем кăтартма палăртнă. Пĕр вăхăтрах эпир пысăк предприятисенче тата радио тăрăх концертсем пама ĕмĕтленетпĕр.

Театр коллективĕ хăйĕн ĕçĕнче вырăссен паллă артисчĕ К. С. Станиславский вĕрентĕвĕсене асра тытать. Артистсем пьесăри рольсене ĕненмелле, лайăх выляса пьесăн идейăлла содержанине уçса пама тăрăшассĕ. Актер—театрăн тĕп çынни, вăл хăй рольне лайăх выляннинчен спектакль ăнăçлă пулассипьеса содержанине уçса парасси килет. Çавăнпа пирĕн театрăн режиссури актерпа ĕçлессине тĕп вырăна хурать. Эпир лартакан спектакльсенче артистсене иккĕмĕш вырăна хăваракан уйрăмах тĕлĕнтермелли сценăсем, декорацисем çук. Пирĕн спектакльсенче артистсем тĕп вырăнта. Декорацисем артиста хăйĕн рольне лайăххăрах уçса пама пулăшакансем кăна пулса тăраççĕ.

Кашни çĕнĕ спектакле эпир тимлĕн тăрăшса хатĕрлетпĕр. Режиссура кашни актер хăй вылякан ролĕн сăнарне лайăх уçса патăр, куракансемшĕн ăнланмалла пултăр тесе тăрăшать. Театр режиссерĕ Р. А. Сирота юлташ ертсе пынипе театр коллективĕ творчествăлла вĕрену енĕпе паха çитĕнӳсем турĕ.

Пирĕн ĕçре ăнăçлăхсемпе пĕрлех çитменлĕхсем те пулассĕ. Театр коллективĕ Чăваш республикинчи ĕççыннисем пирĕн ĕçри çитменлĕхсене тивĕçлипе кăтартса парĕç, пирĕн спектакльсене тата лайăхлатма пулăшĕç, тесе шанать.

Пирĕн театр коллективĕнче творчество енчен вăйлă артистсем сахал мар. Вĕсем хушшинче чылай вăхăт ĕçленĕ РСФСР тава тивĕçлĕ артистки А. В. Бронина юлташ, творчество енчен ӳссе пыракан А. И. Чернова, Е. П. Парская, Н. И. Петровский, М. С. Голубецкий, Т. В. Бондарева тата ыттисем те пур. Пурте вĕсем Шупашкарти, Чăваш республикинчи ĕççыннисемпе, хăйсемшĕн çĕнĕ çынсемпе тĕл пулма васкаççĕ, çак куна хавасланса кĕтеççĕ.

# Ялти библиотекăра

ÇĔРПӲ. Шĕнер ялĕнче библиотека уçнăранпа икĕ çул иртрĕ. Библиотека ял Совечĕн çуртĕнче вырнаçнă. Вăл ялта колхозниксен юратнă вырăнĕ пулса тăчĕ. Çӳлĕксем çинче тĕрлĕ кĕнекесем, журналсем типтерлĕн курăнса выртаççĕ. Вĕсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Халĕ кунта тăватă пине яхăн кĕнеке шутланать.

Библиотека заведующийĕ пулса А. Андреев коммунист ĕçлет. Вăл тăрăшнипе вулакансен йышĕ ӳссех пырать. Иртнĕ 1952 çулта 5.029 кĕнеке вулама панă. Ку шутра марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем нумай.

Библиотека ĕçне йĕркелесе ертсе пыма 9 çынтан библиотека совечĕ тунă. Совета культурăлла-массăлла ĕçе юратакан тата активлă вулакансем Н. Иванов, М. Дмитриев, Е. Иванов, А. Андреев, В. Евграфов, И. Михайлов, В. Сергеев юлташсем кĕреççĕ. Совет членĕсене кашнине, вĕсен пултарулăхне кура, ĕç панă. Пĕтĕм ĕçе план тăрăх туса пыраççĕ.

Библиотекăна кашни кун вуншар çын пырать. Вĕсем валли кунта хаçатсем, журналсем çителĕклĕ. Вулакансем уйрăмах «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план» ятлă витринăсене юратса пăхаççĕ. Кунтах партин XIX-мĕш съезд материалĕсене ятарласа пухса витрина тунă.

Библиотека çумĕнче «Сулăм» ятлă стена хаçачĕ йĕркеллĕ тухса тăрать. Хаçатра час-часах критикăлла статьясем пичетленеççĕ. Вĕсем колхозри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшаççĕ.

И. Яковлев, Н. Иванов, Е. Иванов, П. Петров, И. Федотов тата ытти колхозниксем обществăлла-политикăлла, ялхуçалăх тата наукăпа çутçанталăк çинчен çырнă кĕнекесем, Сталинла премие лауреачĕсен, чăваш совет писателĕсен кĕнекисене чылай вуласа тухнă. 1950 çулта библиотекăран кĕнеке илсе вулакансем 184 çын пулнă пулсан, 1952 çулта 435 çынна çитнĕ. Вĕсем пĕлтĕр 5.029 кĕнеке илсе вуланă. Иртнĕ çулта кĕнеке выставкисем 18 хут, вулакансен конференцийĕсем виçĕ хут иртернĕ, куçса çӳрекен библиотекăсем тунă. Марксизм-ленинизм теорине вĕренекенсене пулăшма библиотека тĕрлĕ выставкăсем организациленĕ.

И. МИХАЙЛОВ.

# Хаçатсем пĕлтереççĕ

## ПАХА ЭКСКУРСИ

Районти колхоз председателĕсем, выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем, выльăх апачĕ хатĕрлекен бригадăсене ертсе пыракансем «Правда» колхозра пулчĕç. Вĕсем унта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе паллашрĕç: витесенче пулчĕç, выльăх апачĕ тумалли пусă çаврăнăшĕпе паллашрĕç, выльăх пăхас ĕçре малта пыракансемпе тĕл пулса калаçрĕç.

(Элĕк районĕнчи «Колхоз хаçачĕ»).

## БРИГАДĂРИ БИБЛИОТЕКА

Районти библиотека 13-мĕш трактор бригадинче куçса çӳрекен пĕчĕк библиотека организациленĕ. Унта механизаторсене интереслентерекен кĕнекесем чылай.

Районти библиотекăн заведующийĕ Е. Артемьева юлташ бригадăри механизаторсемпе «Сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсем» çинчен калаçу иртерчĕ.

(Шупашкар районĕнчи «Ленин çулĕпе» хаçат).

## КОЛХОЗРИ СПОРТ ПЛОЩАДКИНЧЕ

«Гвардеец» колхозри комсомолецсемпе çамрăксем спорт площадки турĕç. Унта вĕсем волейболла выляççĕ, гимнастика упражненийĕсем тăваççĕ.

Ку колхозри тата Сталин ячĕпе тăракан колхозри волейболистсем юлташла тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 2:1 шутпа «Гвардеец» колхозри волейбол команди çĕнтернипе вĕçленчĕ.

(Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн» хаçат).

## ПИЛĔК ÇУЛЛĂХ ПЛАНА ТУЛТАРНĂ

Улатăрти пăравуссем юсакан заводри стахановецсем В. Семенов, А. Романов токарьсем тата М. Щипакин фрезеровщик хăйсене пилĕкçуллăха панă производство заданийĕсене икĕ çул та тăватă уйăхра пысăк пахалăхпа тултарнă.

В. Яшин долбежник, А. Курчатовпа П. Горбатов токарьсем, Е. Фролов строгальщик тата ыттисем те хăйсен пилĕкçуллăх заданийĕсене Чугун çул работникĕсен кунĕ тĕлне тултарассишĕн тăрăшаççĕ, сменăри нормăсене куллен 2—2,5 хут тултарса пыраççĕ.

(Заводри «Стахановец» хаçат).

## ХĂМЛА ТЫМАРĔСЕНЕ — ПОЧТĂПА

«Звезда» колхоз тухăçлă пулакан сортлă хăмла ӳстерет. Ăна ытти колхозсене те туянтарать. Нумаях пулмасть, Молотов облаçĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоза, вăл çырупа ыйтса янă хыççăн, хăмла тымарĕсене посылкăпа ярса панă.

(Октябрьски районĕнчи «Хĕрлĕ Октябрь» хаçат).

## КОМБАЙНСЕНЕ ЮСАСА ПĔТЕРНĔ

МТС механизаторĕсем комбайнсене юсаса пĕтерчĕç. Вĕсене пурне те узловой меслетпе ĕçлесе юсанă. Моторсем юсас тĕлĕшпе И. Шмагин комбайнер ертсе пыракан узел уйрăмах палăрчĕ. Вăл 12 мотор юсарĕ.

МТС комбайнерсемпе вĕсен помощникĕсене хатĕрлесе çитерчĕ.

(Йĕпреç районĕнчи «Коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн» хаçат).

## АГРОЗООТЕХНИКА КУРСĔНЧЕН ВĔРЕНСЕ ТУХРĔÇ

«Колос» колхозри виçĕ çул вĕренмелли агрозоотехника курсĕ хăйĕн программине вĕçлерĕ. Çак кунсенче кунта экзаменсем пулса иртрĕç. Курсра вĕреннĕ 24 колхозник лайăх паллăсем илнĕ.

(Сĕнтĕр районĕнчи «Ĕç ялавĕ» хаçат).

*Юрă праçникĕ умĕн*

# ХАРСĂР КОМСОМОЛ

Музыки Г. Лисковăн — Сăвви П. Хусанкайăн

*Марш темпĕпе.*




Вутран та шывран эпир тухрăмăр сыввăн,
Çĕнтертĕмĕр Сталин чĕнсен,
Паян ĕçпеле çĕнтеретпĕр çĕршывăн
Хастарлă, патвар ачисем.

Хушса юрламалли:
Утар чарăнмасăр малтан малалла, | 2 хут.
Хăюллă та харсăр комсомол! |

Эпир çĕнĕрен хуласем хăпартатпăр
Сĕм-сĕм вăрманта, пушхирте.
Эпир ту вататпăр, шыва çавархлатпăр,
Штурмлатпăр кăвак пĕлĕте.

Хушса юрламалли.

Эпир, вăл Матросов, Гастелло та Зоя,
Стаханов, Российский—эпир.
Эпир—çамрăксем—саманан чăн геройĕ,
Пире—ыранхи çутă ир.

Хушса юрламалли.

Тӳлек пурнăçра çĕн йыхрав янрасассăн—
Çĕкленĕпĕр, тăрăпăр кар!
Коммунăшăн тухăпăр пурте вăрçмашкăн
Тăван партипе юнашар.

Хушса юрламалли:
Утар чарăнмасăр малтан малалла, | 2 хут.
Хăюллă та харсăр комсомол! |

# Юрă праçникĕ Елчĕкре

Иртнĕ вырсарникун район центрне колхозсенчи, шкулсенчи хор, ташă коллективĕсем нумай пуçтарăнчĕç. Пултарулăх коллективĕсем пурте районта пĕрремĕш хут пулакан юрă праçникне лайăх иртерме ĕмĕтленеççĕ.

Пасар площадĕнче тулли халăх. Кунта Чăваш республикинчи кӳршĕ районсенчен тата тăванла Тутар республикинчен килнĕ колхозниксемпе колхозницăсем, служащисем нумай.

Юрă праçникне иртерес тĕлĕшпе ĕçлекен комисси председателĕ Н. Анисимов саламлă сăмах каласа, юрă праçникĕ пуçланни çинчен пĕлтерет.

300 çынтан тăракан пĕрлешӳллĕ хор (руководителĕ В. Петрова юлташ) Совет Союзĕн Гимнне юрлать. Хор сасси мăнаçлăн та хăватлăн илтĕнет.

Ун хыççăн коллектив вырăс тата чăваш композиторĕсем çырнă юрăсене—«От Волги до Дона», «Пире Сталин ырлăх пачĕ», «Сталинград», «Мы за мир» тата ытти чылай юрăсене те кăмăла каймалла юрласа пачĕ.

Пĕрлешӳллĕ хор хыççăн чылай колхозсенчен килнĕ хор тата ташă коллективĕсем хăйсен творчествăлла пултарулăхне кăтартрĕç.

Свердлов ячĕпе тăракан колхоз хорĕ 30 çул ытла ĕçлет ĕнтĕ. Çак коллектив пĕлтĕр хăйĕн юбилейне ирттерчĕ. Хор коллективĕнче Чăваш АССР-ĕн Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеплĕ грамотине илме тивĕçлĕ пулнă колхозниксемпе колхозницăсем нумай. Хорта халĕ 50 çын ытла шутланать.

Кружок руководителĕ Воронцов юлташ коллектив членĕсемпе юрă праçникне питĕ тăрăшса хатĕрленнĕ. Хор коллективĕн членĕ Миллин юлташ «Тупа» ятлă сăвва ăста вуласа пачĕ.

«Марс» колхозăн хор коллективĕ тутар композиторĕсем çырнă тата тутар халăх юррисене юрланине праçнике пуçтарăннă çынсем кăмăлласа йышăнчĕç.

Районти культура çурчĕ çумĕнчи хор коллективĕ те «Тăван çĕршыв», «От Волги до Дона», «Гимн демократической молодежи мира» тата ытти чылай юрăсене юрласа пачĕ.

Уйрăм исполнительсенчен хор коллективĕн членĕсем Мудрецовăпа Бобылева юлташсем хăйсен пултарулăхне кăтартрĕç.

Кун хыççăн физкультурăпа спорт коллективĕсен ăмăртăвĕсем пулчĕç. Ăмăртăва 300 спортсмен хутшăнчĕ.

М. ЕФРЕМОВ.

## Праçнике хатĕрленетпĕр

ЕТĔРНЕ. Тури Мучар клубĕ çумĕнче драма тата хор кружокĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Вĕсем колхозниксене час-часах çĕнĕ постановкăсем кăтартаççĕ, концертсем параççĕ.

Халĕ пирĕн хор кружокĕ юрă праçникне пысăк хавасланăхпа хатĕрленме тытăнчĕ.

Клуб совечĕ йышăннă тăрăх, хор кружокне ертсе пыма А. Сидуганова учительницăна çирĕплетнĕ.

Кружок членĕсем республикăри комисси палăртнă вырăс тата чăваш композиторĕсен ултă юррине юрласа пама лайăх хатĕрленсе çитрĕç.

В. ЗАХАРОВ,
клуб заведующийĕ.

пе хутăштармасăр хывни усă сахал парать.

Лайăх çĕрнĕ тислĕкпе кăшт та пулин хутăштарнă суперфосфат пысăк усă пани çакăнтан килет: ирĕлекен суперфосфатпа хутăшнă тислĕк тĕпренчĕкĕсем патĕнче ӳсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсем ĕрчеме тытăнассĕ.

Тăпра хăй те тата тăпра ирĕлчĕкĕ те йӳçеклĕ пулсан та, çавăнпа та тăпра микроорганизмсем пурăнма юрăхлă мар пулин те, çĕрĕк тăпри чăмаккисенче йӳçек сахал. Çавăнпа та тăпрари бактерисем, наука работникĕсем тунă опытсем кăтартнă тăрăх, суперфосфатăн ирĕлекен пайĕпе шӳнĕ çĕрĕк тăпри чăмаккисем тавра хăйсене пурăнмашкăн лайăх условисем тупаççĕ. Çавăн пек условисенче ялхуçалăхĕнчи ӳсентăрансем йӳçекрех тăпра çинче те лайăх ӳссе аталанаççĕ, мĕншĕн тесен кунта вĕсем валли бактерисем туса кăларакан фосфорлă продуктсем пулаççĕ.

Юлашки тăватă çул хушшинче йӳçеклĕ кĕллĕ тăм тăпра çине Ялхуçалăх наукисен В. И. Ленин ячĕпе тăракан Пĕтĕм Союзри академин сăнавсем тăвакан хуçалăхĕнче (Мускав патĕнчи «Ленинские Горки» ятлă вырăнта) кĕрхи тулă акас умĕн тăпрана юлашки хут культиваци тунă чухне пĕр гектар çине 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарса 3 центнера яхăн суперфосфат хываççĕ. Суркунне калчана калиллĕ тата азотлă удобренисем сапса параççĕ (пĕр гектар çине пĕрер центнер). Вара çĕртме вырттармасăр акнă тĕштырăсем гектартан 20—28 центнер тухнă, çĕртме тунă уя акнă тĕштырăсем 30—36 центнер тухнă. Çакăн пек тухăçлă тырă çĕртме уйне гектар пуçне 30—40 тонна тислĕк тăксан пулнă тырă тухăçлăхĕпе пĕр танах. Çапла вара кăтартнă тĕслĕхсенче 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарнă 3—4 центнер суперфосфат 30—40 тонна тислĕкпе пĕр тан пулса тăрать.

Анчах та суперфосфат çăнăхне 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштармасăр сапсан тата тăпрана тислĕк хывмасан, ытти условисем пурте пĕр пекех пулсан та, кĕрхи тулă тухăçлăхĕ нумай сахалтарах, 10—15 центнертан ытла мар пулать. Çакăн пек чухне кĕрхи тулăн хĕллехи сивĕсене чăтса иртермелли пултарулăхĕ те нумай чакать, çавна пула вара кĕрхи тулă калчи хĕлле те, çуркунне çитме пуçланă кунсенче те час-часах пĕтет.

Çĕртме уйне гектар пуçне 30—40 тонна тислĕк хывни тахçантанпах кĕллĕ тăпрашăн чи лайăх удобрени шутланать. Пурте пĕлеççĕ, çавăн чухлĕ тислĕк хывнă тăпрана извеçлеме те кирлĕ мар, извеçлесен те ытла нумай йӳçеклĕ тăпрана кăна извеçлеççĕ. Вăтам йӳçеклĕ тăпрана, çавăн чухлĕ тислĕк хывнă пулин те извеçлемеллех пулсан, извеçне гектар пуçне 1—1,5 тоннăран ытла хывмалла мар.

Анчах та кĕллĕ тăпрана час-часах (кашни çулленех тата лайăххăрах пулать) çавăн пек çемçетсе тăма, чи малтан, тислĕк питĕ нумай кирлĕ, иккĕмĕшĕнчен, уя турттарса тухма транспорт, пĕтĕм уйĕпе пĕр пек салатса тухма вăй нумай кирлĕ.

Органикăллă лайăх удобренисен хисепне халиччен тислĕк хатĕрлениччен нумай ӳстермелле (ик-виçĕ хут ытларах хатĕрлемелле). Çапла тăвас тесен, выльăхсем айне торф сарса парса ытларах усă курмалла, айлăмлă шурлăхсенче кăларнă торфа тислĕкпе е тислĕк шĕвекĕпе хутăштарса компост ытларах тума тăрăшмалла.

Тислĕкпе компост ытларах хатĕрлесси, вĕсен пахалăхне лайăхлатасси питех те кирлĕ те паха задача пулса тăрать. Ку ĕç торф кăларса типĕтес, ăна турттарас тата органикăллă удобренисене (тислĕкпе компоста) уйра сапаласа тухассине механизацилеме хушать.

Тислĕк тата торфпа тислĕкрен хатĕрленĕ компост ытларах хатĕрленисĕр пуçне, минераллă удобренисемпе ытларах усă курма тытăнмалла, уйрăмах фосфорлă удобренисемпе — çĕрĕк тăприпе е компостпа хутăштарнă суперфосфатпа, çавăн пекех тата тислĕкпе е торфпа хутăштарнă фосфорит çăнăхĕпе ытларах усă курас пулать.

Кĕллĕ тăпраллă уйсен пĕтĕм лаптăкĕ çине гектар пуçне çулсерен 30—40 тонна тислĕк хывма вăй çитерме çук. Пĕр гектар çине 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе е компостпа хутăштарнă 2—3 центнер суперфосфат хывни, опытсем кăтартнă тăрăх, çав çĕр çине 30—40 тонна тислĕк хывнă чухнехипе пĕр тан тухăçлă кĕрхи тулă туса илме май парать (паллах, çĕрĕк тăприпе компоста, май килсен, 1—2 тонна вырăнне 3—5 тонна илсен тата лайăххăрах).

Суперфосфат вырăнне фосфорит çăнăхĕ илме юрать. Анчах фосфорит çăнăхне тислĕкпе е торфпа тата тислĕкпе пĕрле хутăштарса компост тăвас пулать. Çавăн пек компост тунă чухне кашни пĕр тонна тислĕкпе торф пуçне пĕр центнер фосфорит çăнăхĕ илес пулать (вăл тислĕкпе торф йывăрăшĕн 10 проценчĕ чухлĕ пулмалла).

Фосфорит çăнăхĕпе хутăштарса тунă çавăн пек компоста гектар пуçне 3—5 тонна кĕрхи тулă акас умĕн юлашки хут культиваци тунă чухне хывсан, суперфосфата çĕрĕк тăприпе хутăштарса хунинчен те усăллăрах пулать, çăнăх еверлĕ суперфосфата кĕллĕ тăпра çине хăйне халлĕн çеç, çĕрĕк тăприпе хутăштармасăр, сапнинчен вара тата усăллăрах пулать.

Органикăллă удобренисене çапла майпа минераллă фосфорлă удобренисемпе пуянлатсан, кĕллĕ тăпраллă уйсен пĕтĕм лаптăкне, пĕтĕмпе пулмасан, унăн пысăк пайне, гектар пуçне 3—4 тонна органикăлла лайăх удобренисем хывма май пулать. Ку удобренисенче фосфор нумай пулать, ăна пĕтĕмĕшпех ӳсентăрансем илме пултараççĕ. Нумай чухне çак 3—5 тонна усă пани 30—40 тонна тислĕк усă панипе пĕр танах пулать.

Хура тăпраллă мар тăрăхра минераллă удобренисенчен пуринчен ытла фосфорлă удобренисем кирлĕ. Азотлă тата калиллĕ минераллă удобренисем унтан темиçе хут сахалтарах кирлĕ. Ӳсентăрансене кирлĕ азотлă апата пуринчен те ытларах курăксем акса, тислĕкпе компост хывса туса парас пулать.

Кĕллĕ тăпрана фосфорлă удобрени питех те кирлĕ. Анчах та халиччен хи пек суперфосфат çăнăхне çĕрĕк тăприпе, компостпа е тислĕкпе кăшт та пулин хутăштармасăр сапни ялхуçалăхĕнчи ӳсентăрансене усă питĕ сахал парать. Çулсеренех тырă акас умĕн кĕллĕ тăпраллă уйсенчи кашни гектар пуçне 2—3 центнер суперфосфат хывас пулать, анчах таса суперфосфат мар, 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарса хывмалла. Çĕрĕк тăприпе хутăштарнă суперфосфат вырăнне 10 процент таран фосфорит çăнăхĕ хутăштарса тунă компост хывма юрать. 3—5 тонна çавăн пек компост 1—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарнă 2—3 центнер суперфосфатпа тан шутланать. Хаклă тĕштырăсем валли (тулă), техникăлла культурăсем валли (йĕтĕн), пахча çимĕç культурисемпе çĕрулми валли, кунсăр пуçне, кирлĕ виçепе азотлă е калиллĕ удобрени хывас пулать. Ăна çав культурăсене акнă чухне те е вĕсене апат панă чухне те сапса пыма юрать.

Халĕ ĕнтĕ кĕллĕ йӳçек тăпрасене извеçлес ыйтăва та çĕнĕлле татса памалла.

Ялхуçалăх наукисен В. И. Ленин ячĕпе тăракан Пĕтĕм Союзри академин сăнавсем тăвакан хуçалăхĕнче (Мускав патĕнчи «Ленинские Горки» ятлă вырăнта) 1952 çулхи кĕркунне çакăн пек опыт пуçласа янă. Йӳçеклĕ кĕллĕ тăм тăпри çине (рН—4,5) кĕрхи тулă акас умĕн известь хывнă: пĕр делянкăсем çине таса известь (инструкцире хушнă пек), тепĕр делянкăсем çине çĕрĕк тăприпе хутăштарса, виççĕмĕш делянкăсем çине çĕрĕк тăприпе тата суперфосфатпа пĕрле хутăштарса.

Çак удобренисене уй тăрăх пĕр пек сапса тухнă та çав кунах дисклаcа тата сӳрелесе тăпра айне тунă.

1953 çулхи çуркунне пур делянкăсенчи ӳсентăрансене те азотлă тата калиллĕ минераллă удобренисем сапса панă. Вара малтанхи кунсенчех çак опытăн виçĕ тĕслĕхĕнче пысăк уйрăмлăх пурри уççăнах курăнма пуçланă. Кашни гектар пуçне 1,8 тонна çĕрĕк тăприне 3 центнер авăртнă известь тата 3 центнер суперфосфатпа хутăштарса хывнă участок çине акнă кĕрхи тулă калчи куçа илĕртет, кунта ӳсентăрансем питĕ лайăх аталанса ӳсме тытăнни курăнать. Кунти тулă калчи гектар пуçне çавăн чухлех суперфосфат (3 центнер), авăртнă известь чулĕ 3 центнер мар, 5 тонна, хăшпĕр участокра тата 10 тонна, анчах çĕрĕк тăприпе хутăштармасăр таса известь хывнă делянкăсем çинчинчен чылай лайăхрах. Урăхла каласан, кунта акă мĕн курăнать: 3 центнер известь, ăна 1,8 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарса хывсан, уйрăммăн хывнă 5 тонна тата 10 тонна извĕçрен ытларах усă парать.

Çакна астуса юлни те кирлĕ: 1,8 тонна çĕрĕк тăприне 3 центнер извĕçпе, суперфосфатсăр, хутăштарса хывнă делянкăсем çинчи калчасем пăхмашкăн 1,8 тонна çĕрĕк тăприне 3 центнер суперфосфатпа, известь илмесĕр, хутăштарса хывнă делянкăсем çинчинчен пĕртте кая мар, тулă тухăçлăхĕ те унтинчен кая пулмĕ тесе шанма пулать.

Контроль тăвас тĕлĕшпе известь, суперфосфат тата çĕрĕк тăпри хывмасăр акнă делянкăсем çинчи калча питĕ начар.

Çак опытран акă мĕн курăнса тăрать: йӳçеклĕ кĕллĕ тăпра çине акас умĕн нумай мар известь хывсан та, анчах таса халлĕн мар, обязательнă 1,5—2 тонна çĕрĕк тăприпе хутăштарса хывсан, пысăк усă пулать.

Мĕнпе ăнлантарса пама пулать-ха гектар пуçне 5 е 10 тонна авăртнă известь тата 3 центнер суперфосфат ку опытра 1,8 тонна çĕрĕк тăприпе тата 3 центнер суперфосфатпа хутăштарса хывнă 3 центнер авăртнă известь чухлĕ те усă паманнине? Ăна çапла ăнланмалла: йӳçек кĕллĕ тăпрара органикăллă веществосем питĕ сахал; тырă акас умĕн дискланине тата сӳреленине пула, нумай мар çĕрĕк тăприпе хутăштарнă извеçпе суперфосфат тăпра ăшне тарăна каймассĕ, çавăнпа та кĕрхи тулă калчи тымарĕсем сарăлма пуçланă сийре ӳсентăрансемшĕн усăллă микроорганизмсене лайăх пурăнма юрăхлă условисем туса паракан йăвасем пулса тăраççĕ. Çĕрĕк тăпри, суперфосфат тата известь хутăшĕ çав микроорганизмсемшĕн лайăх апат пулса тăраççĕ. Кунсăр пуçне, известь çĕрĕк тăприн тĕпренчĕкĕсем патĕнчи йӳçекĕн сиенлĕ вăйне пĕтерет.

Хура тăпраллă мар тăрăхра тырпул тухăçлăхне хăпартасси пирĕн халăх хуçалăхĕнче пысăк вырăн йышăнса тăрать. Кунти кĕллĕ йӳçек тăпраллă уйсене çак статьяра кăтартса панă майсемпе фосфорлă удобренисемпе известь хывасси сарăлма тивĕçли курăнсах тăрать. Çавăнпа та наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен, колхозсемпе совхозсен 1953 çулта акнă опытсем туса иртерме тăрăшмалла: кĕрхи тырăсем акас умĕн çĕрĕк тăприне е торфпа тислĕкрен тунă компоста, çавăн пекех тата лайăх торфа извĕçпе тата суперфосфат порошокĕпе хутăштарса хывса опытсем тумалла.

Гектар пуçне çавăн пек удобренисене мĕнле виçепе хывасси хуçалăхри условисенчен, унăн вăй-халĕнчен килет. Органикăллă удобренисене (çĕрĕк тăпри, торфпа тислĕкрен тунă компост е торф) гектар пуçне 2—3—5 тонна илме юрать, суперфосфат — гектар пуçне 1—3 центнер, авăртнă известь е извеçлĕ ытти породăсем—3—5 центнер (известь çине куçарса шутласа).

Тăпрана кĕрхи тырăсем акма юлашки хут çемçетес умĕн 1—2 кун маларах органикăллă удобренисене суперфосфатпа лайăх хутăштарас пулать, унтан çав хутăшпа известь хурса тĕплĕ хутăштармалла. Çапла хатĕрленĕ хутăша уйра пĕр пек сапса тухмалла, вара дисклаcа е культиваци туса, çав вăхăтрах сӳрелесе тăпра айне тумалла.

Çакна шанса тăма пулать: çавăн пек хатĕрленĕ удобренисем сахал хывсан та пысăк усă парĕç. Çав удобренисене акас умĕн кăна хывни, вĕсене тăпра айне кăшт çеç тусан, тăпрари усăллă микроорганизмсене пурăнма лайăх условисем туса парать, вара çав микроорганизмсен продукчĕпе ялхуçалăхĕнчи ӳсентăрансем тăранса пурăнаççĕ. Лайăх ӳсе вăйлă аталаннă ӳсентăрансем, уйрăмах нумай çул ӳсекен курăксем (кĕрхи тĕштырă калчи е сурхи тĕштырă çине акнăскерсем) тăпрана органикăллă веществосемпе пуянлатаççĕ. Удобренисене малта кăтартнă пек виçепех çулсерен хывса пынипе кĕллĕ, тырпул начар пулакан тăпрасем çинче те кашни çулах вăйлă та тухăçлă тырпул туса илме пулать.

(«ПРАВДА» хаçат, 1953 çулхи майăн 21-мĕшĕ).

## В. И. ЛЕНИН СОЧИНЕНИЙĔСЕН XXIV-мĕш ТОМНЕ БОЛГАРИ ЧĔЛХИПЕ ПИЧЕТЛЕСЕ КĂЛАРНĂ

СОФИЯ, июнĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Болгарири Коммунистсен партийĕн издательстви В. И. Ленин Сочиненийĕсен XXIV-мĕш томне пичетлесе кăларнă.

## ДЕМОКРАТИЛЛĔ ВЬЕТНАМ РЕСПУБЛИКИНЧЕ ХАЛĂХА ВĔРЕНТЕССИШĔН ТĂРĂШНИ

ШАНХАЙ, июнĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Вьетнам Республикин правительстви Вьетнамăн сăртлă районĕсенче вак халăхсен культурăллă шайне ÿстерес тĕллевпе çутĕç учрежденийĕсем уçма йышăннă.

Çакна май Вьетнамри наци çутĕç министерстви кăçал вак халăхсем хушшинче ĕçлекен учительсем хатĕрлеме ятарласа шкулсем уçать. Икĕ çул хушши студентсем пурте государство шучĕпе вĕренеççĕ.

## Карл Маркс орденĕпе наградăлани

БЕРЛИН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Демократиллĕ Германи Республикин президент канцелярийĕ Карл Маркс орденĕпе чылай çынсене наградăлани çинчен пĕлтернĕ. Карл Маркс орденĕпе Роза Тельмана, Ильза Келлера, Ольга Кернера, çавăн пекех тата Отто Бухвица, Герман Дункера, Отто Франкене, Гальмут Лемана, Герман Матерна, Герман Шлиммене, Вильгельм Цайсера наградăланă.

Демократиллĕ Германи Республикинчи президент канцелярийĕ пĕлтерниче çапла каланă: Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕ сĕннипе, Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик çак çынсене рабочи класс ĕçĕшĕн паттăррăн кĕрешнĕшĕн тата нимĕçсен рабочи юхăмне аталантарас ĕçре нумай çулсем хушши тава тивĕçлĕ ĕçсем туса пынăшăн наградăланă.

## Пĕтĕм Китайри çамрăксен иккĕмĕш съезчĕ хупăннă

ПЕКИН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян пĕтĕм Китайри çамрăксен иккĕмĕш съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ. Съезд пĕтĕм Китайри демократла çамрăксен федерацийĕн председателĕ Ляо Чэн-чжи докладне сÿтсе явса ырланă. Докладра çамрăксене государство строительство планне тултарассишĕн, çĕршывăн оборона пултарулăхне тĕреклетессишĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан кĕрешÿре пĕрлешме чĕнсе каланă.

Съезд пĕтĕм Китайри демократла çамрăксен федерацийĕн çĕнĕ уставне йышăннă тата çамрăксен Пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресне кайма делегатсем суйланă. Наци комитетне Ху Яо-бан, Ляо Чэн-чжи, Лю Дао-шэн тата ыттисем кĕнĕ. Çавăн пекех Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха малалла тĕреклетес ĕçе вăйлатасси çинчен, Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи членне федераци коллективпа кĕресси çинчен решени йышăннă.

Съезд Мао Цзэ-дун патне тата Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацине салам яма йышăннă.

## ИРАНРИ РАБОЧИСЕН ÇĔНТЕРĔВĔ

ТЕГЕРАН. (ТАСС). «Рангин-Кяман» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Йезде хулинчи «Херати», «Эгбаль» тата «Дерахшан» фабрикисенче ĕçлекен рабочисен вунă кун хушши пынă забастовки рабочисем çĕнтернипе вĕçленнĕ.

# Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ уçăлнă

БУДАПЕШТ, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Будапештра Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ уçăлнă. Сесси ĕçне Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕсем, çавăн пекех тата тĕрлĕ çĕршывсенчен килнĕ мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен паллă деятельсем хутшăнаççĕ.

Сессие Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ Эммануэль д'Астье де ла Вижери уçнă. Миршĕн кĕрешнĕ чаплă борец Ив Фарж ятне асăнса Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Бюро членĕ Изабелла Блюм (Бельги) сăмах туха каланă.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн генеральнăй секретарĕ Жан Лаффит Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн Бюро ячĕпе кун йĕрки çинчен тата сесси ĕçлемелли йĕрке çинчен сĕнÿ тăратнă.

Вăл халăхсем вăхăтри тĕнчери лару-тăрури мĕнпур тĕп ыйтусене кун йĕркинче тăракан пĕрремĕш тĕп ыйту тăрăх сÿтсе явма сĕннĕ. Ку ыйту кун йĕркинче çак ятпа тăрать: «Калаçусем тата тĕнчери лару-тăрăва лайăхлатасси».

Кун йĕркинче тăракан иккĕмĕш ыйту—Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн пĕлтерĕшĕпе унăн йышĕ çинчен. Сесси çакăн пек кун йĕркине çирĕплетнĕ.

Кун хыççăн Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ Го Мо-жо сăмах туха каланă. Вăл Корейăри перемири çинчен тата Инçет Хĕвелтухăçĕнчи ыйтусене мирлĕ майпа татса парасси çинчен тăракан ыйтусем пирки чарăнса тăнă.

# Мюнхенри суйлав умĕнхи митинг

## Макс Рейман тухса калани

БЕРЛИН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Мюнхенра суйлав умĕнхи митинг пулса иртнĕ. Митингра 50 пин çын пулнă. Унта Германири Коммунистсен партийĕн председателĕ Макс Рейман сăмах тухса каланă.

Ĕççыннисем митинга ялавсемпе, транспарантсемпе тухнă. Транспарантсем çине: «Пирĕн Макс Реймана тăванла салам!», «Германири Коммунистсен партийĕ тĕлĕшпе террористла суд тума памăпăр!», «Эпир наципе пĕрлештерекен правительство туса хурассишĕн тăратпăр!».

Макс Рейман Аденауэр правительствин политикине сивленĕ. Вăл политика, терĕ Макс Рейман, Германи ыйтăвне мирлĕ майпа татса памалли çул çинче тĕп чăрмав пулса тăрать.

Рейман Аденауэр правительствине хирĕç, Хĕвелтухăç Германипе Хĕвеланăç Германири нимĕçсем хушшинче килĕшÿ туса хурассишĕн кĕрешме пĕтĕмĕшле платформа туса хурас тĕлĕшпе мĕнпур демократиллĕ партисемпе ушкăнсене пĕтĕçме чĕннĕ.

Юлашкинчен Макс Рейман Хĕвеланăç Германири халăха бундестагăн çитес суйлавĕнче Германири Коммунистсен партийĕн кандидачĕсемшĕн, çапла вара миршĕн, Германи пĕрлĕхĕшĕн сасăлама чĕннĕ.

# „Шуман планĕ“ Францин çĕр кăмрăк промышленноçне сиен кÿрет

ПАРИЖ, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Шуман планĕ» текенскерĕ тăрăх Америка монополийĕсемпе вĕсен Хĕвеланăç Германири партнерĕсен кăмăлне каяс шутпа Хĕвеланăç Европăри 6 çĕршыври çĕр кăмрăкĕпе тимĕр-тăмăр промышленноçне пĕрлештермелле. Çак план Францин çĕр кăмрăк промышленноçне пысăк сиен кÿрет.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Нор тата Па-де-Кале департаменчĕсенче çĕр кăмрăк бассейнĕсен администрацийĕ июнĕн 13-мĕшĕнче хăйĕн шахтисенче пĕр кунлăха пĕтĕм ĕçе чарса лартнă. Çавăн пирки вăл кун 147 пин шахтер ĕçлемен. Паян çавăн пекех Мозель департаменчĕнчи çĕр кăмрăк бассейнĕнче ĕçлекен горняксем ĕççĕр лараççĕ. Бассейнсенче ĕçе çакăн пек чарса лартассине çĕр кăмрăкĕ ытлашши нумай кăларнипе тата ăна ниçта вырнаçтарма çуккипе ăнлантарса пама пăхаççĕ. «Юманите» хаçат ĕç чăннипе мĕнрен килнине кăтартакан сăлтавсене уçса парать. Франци правительстви хăйĕн çĕр кăмрăк промышленноçĕнче кризис пулнине пăхмасăр, çĕр кăмрăкĕ США-ран тата Хĕвеланăç Германирен илсе тăрать. Франци 1952 çулта кăна çак çĕршывсенчен тонна пуçне 8.547 франк тÿлесе 14 миллион тоннăна яхăн çĕр кăмрăкĕ кÿрсе килнĕ. Çав вăхăтрах Францире хăйĕнче вара пĕр тонна çĕр кăмрăкĕ 4.995 франк кăна тăрать.

## Америкăпа Бразили хушшинчи хутшăнусем

МОНТЕВИДЕО, июнĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилире тухса тăракан хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительстви Бразили правительствине Трумэн программин тăваттăмĕш пунктне пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе ĕçлекен Америкăпа Бразили хушшинчи комиссие кăçалхи июлĕн 1-мĕшĕнче салатса ямалли çинчен пĕлтернĕ. Америка правительстви хăй тĕллĕн çакнашкал решени йышăнни Бразили правительствипе Америка майлă тăракан çынсене хăратса ÿкернĕ. Вĕсем çапла шутлаççĕ: США-па тунă çар килĕшĕвне ырлас пулсан, Америка монополийĕсем кивçен укçа пама пулнăччĕ. Халĕ вĕсем пире улталарĕç.

## Колумбири лару-тăру

НЬЮ-ЙОРК, июнĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, çар представителĕсенчен пĕри Колумбири хĕçпăшаллă вăйсен командующийĕ генерал Густаво Рохас Пинилья çĕршывра переворот туса влаçа хăй аллине илни çинчен пĕлтернĕ. Пинилья столицăри пĕтĕм ĕçе контроль туса тăрать. Пинилья президент дворецĕнче хĕçпăшаллă вăйсен аслă представителĕсемпе пĕрле канашлусем ирттерет.

Ассошиэйтед пресс агентствин корреспонденчĕ Боготăран пĕлтернĕ тăрăх, Рохас Пинилья влаçа хăй аллине илнĕ, Официальнăй мар йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, Лауреано Гомес президента килĕнче арестленĕ.

## АРГЕНТИНĂРА ПРАВИТЕЛЬСТВĂНА ХИРĔÇ КАВАР ТĂВАКАНСЕНЕ ТЫТНĂ

БУЭНОС-АЙРЕС, июнĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем Аргентинăра террористла организацие тытни çинчен пĕлтереççĕ. Çак организацие ют çĕршывран пулăшса ертсе тăнă: Вăл çĕршывра темиçе çул хушши ĕçлесе тăнă, халхи правительствăна сирпĕнтерсе антарас политика тытнă.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче фронтсенче артиллерирен персе тăнă.

Ĕнер Америка авиацийĕ Тхнгон водохранилищи çине хаяррăн тапăннă.

Халăх çарĕн зенитнăй чăсĕсем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, пĕр самолетне сиенленĕ.

## КОРЕЙĂРА ПЕРЕМИРИ ÇИНЧЕН ПЫРАКАН КАЛАÇУСЕМ

ПЕКИН, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

Июнĕн 15-мĕшĕнче икĕ енĕн штаб офицерĕсен икĕ ушкăнĕн хупă ларăвĕсем пулса иртнĕ. Июнĕн 16-мĕшĕнче хупă ларусем ирхине 11 сехетре пуçланаççĕ.

Ирхине çавăн пекех икĕ енĕн / çыхăну офицерĕсен ушкăнĕсен ларăвĕ пулса иртнĕ.

## Пĕтĕм тĕнчери музыка фестивалĕ

ПРАГА, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Чехословаки столицинче пĕтĕм тĕнчери музыка фестивалĕ уçăлнă. Фестиваль «Прагăри çуркунне» ятпа иртет.

Фестивале нумай çĕршывсенчи, вăл шутра Совет Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи, Венгрири, Болгарири, Румынири, Польшăри, Чилири, Францири тата ытти çĕршывсенчи чаплă музыкантсем, юрă ăстисем, музыка деятелĕсем хутшăнаççĕ.

«Прагăри çуркунне» ятпа иртекен фестиваль пĕтĕм тĕнчери музыка пурнăçĕнче пысăк ĕç пулса тăрать.

Паян Сметана ячĕпе тăракан залра пĕрремĕш концерт пулнă.

## Чехословакипе Румыни футбол командисен ăмăртăвĕ

ПРАГА, июнĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Прагăра Чехословаки çарĕн стадионĕнче Чехословакипе Румыни футбол командисем тĕл пулса вылянă.

Стадионра республика президенчĕ Антонин Запотоцкий, правительство членĕсем, Совет Союзĕн Чехословакири чрезвычайнăй тата полномочнăй посолĕ А. Е. Богомолов, Румыни Халăх Республикин чрезвычайнăй тата полномочнăй посолĕ Штефан Клежа тата халăх демократи çĕршывĕсен дипломатиллĕ представителĕсем пулнă.

Вăйă Чехословаки командин 2:0 шутпа çĕнтернипе вĕçленнĕ.

## КАНАДĂРА ÇĂКĂР ХАКĔ ÿСНĔ

ОТТАВА, июнĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Канадисен Пресс агентстви çапла пĕлтерет: Квебекра çăкăр хакĕ ÿсессе кĕтеççĕ. Çак пĕлтерÿре каланă тăрăх, Виннипегра, Ванкуверта тата Оттавăра çăкăр хакĕ 5,5 процент чухлĕ ÿснĕ те ĕнтĕ.

## ГРЕЦИРИ ЗАБАСТОВКА

АФИНЫ. (ТАСС). «Элефтерия» хаçат çапла пĕлтерет: ĕнер Грецире ултă провинцире 24 сехетлĕхе пуçланнă пĕтĕмĕшле забастовка ăнăçлă иртнĕ. Закинтосра ĕçлекен пĕтĕм рабочисемпе служащисенчен 100 проценчĕ забастовкăна хутшăннă.

# Ялсенчи спортсменсен ăмăртăвĕ

ЕЛЧĔК. Çак кунсенче Çĕнĕ Тĕмер ялĕнче колхозсенчи спортсменсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăртăва темиçе çĕр физкультурник хутшăнчĕ.

Чи малтан çамрăксем 500 метр ăмăртса чупрĕç, ун хыççăн хĕрачасем 100 тата 400 метр, арçынсем 1.000 метр чупас енĕпе ăмăртрĕç.

...Судья вăрăмăшне сикес енĕпе ăмăрту пуçланасси çинчен пĕлтерет. Колхозниксем пĕрин хыççăн тепри хăйсен спорт ăсталăхне кăтартма тытăнаççĕ. «Новая жизнь» колхоз членĕ Петр Иванов 5 метр та 68 сантиметр сикрĕ. Вăл çавăн пекех 1 метр та 65 сантиметр çÿлĕш сиксе ялти рекорда нумай лайăхлатрĕ. И. Германов колхозник та лайăх тĕслĕх кăтартрĕ.

«Красное знамя», «Родина», Калинин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсенчен килнĕ спортсменсем те хăйсен пултарулăхне кăтартрĕç.

«Красное знамя» колхозра тылайăрăнпа ĕнтĕ волейболистсен секцийĕ ĕçлет. Вĕсем «Новая жизнь» колхозри спортсменсемпе тĕл пулса вылярĕç. Вăйă 45:24 шутпа «Красное знамя» колхозри физкультурниксем çĕнтернипе вĕçленчĕ.

Колхозсенчи спортсменсем вăйлă çынсен ăмăртăвне тухаççĕ. Вĕсем кире пукане йăтас, кĕрешес енĕпе ăмăртрĕç. «Красное знамя» колхозри З. Смирнов, «Новая жизнь» колхозри А. Александров, В. Муллин, И. Германов, Калинин ячĕпе тăракан колхозри А. Калинин, А. Дудкин колхозник-спортсменсем тунă çитĕнÿсене ăмăртăва пынă çынсем алă çупса ырларĕç.

Халăх уявĕнче тата ытти ăмăртусем те пулчĕç. Мала тухнă спортсменсене парнесем пачĕç.

А. ЖИРНОВ.

# Куславккари ĕççыннисен канăвĕ

КУСЛАВККА. Савăнăçлă та хаваслă пулчĕ иртнĕ канмалли кун Куславккара. Рабочисемпе служащисем, çывăх ялсенчи колхозниксем пасар площадьне пухăнчĕç. Кунта ярмарка пулчĕ. Шăматкун пуçланнă ярмарка вырсарникун касченех кĕрлерĕ. Пĕтĕм площадь тавра лавкксем. Мĕнле кăна тавар сутмарĕç вĕсенче...

Ярмаркăна пынă çынсем кашниех хăйсене кирлĕ япаласем туянчĕç. Суту-илÿ организацийĕсем 40 пин тенкĕлĕх тавар сутнă.

Çамрăксем валли спорт вăййисене иртерме ярмаркăпа юнашарах «Шахтер» стадион алăкĕ уçă пулчĕ. Каччăсемпе хĕрсем тата ачасем лайăх капăрлатнă карусель çинчен анма та пĕлмерĕç.

Канмалли кун Атăл çинче тата леш енче те халăх йышлă пулчĕ. Çуртсем тăвакан заводăн шыв станцине уçнă май çамрăксем Атăл çинче кимĕсемпе ăмăртса ярăнчĕç, хăйăр çинче хĕвелпе пиçрĕç.

Куславккан кăнтăр хĕвелтухăç енĕ сăртлă, вăрманлă. Çыран сăмсахĕнчен пĕтĕм тавралăх инçене курăнать. Рабочисем кашни канмалли кун çакăнта уçăлса çÿреме юратаççĕ. Иртнĕ вырсарникун кунта оркестр вылярĕ, ташă-вăйăсем пулчĕç.

Вăрманлă вырăнта пионерсен лагерĕ уçăлчĕ. Ашшĕ-амăшĕсен пĕр ушкăнĕ хăйсен ачисем патĕнче пулчĕ. Шкулта вĕренекенсем Куславкка тавра похода кайса килчĕç. Рабочисемпе служащисенчен чылайăшĕ хăйсен канмалли кунне культура учрежденийĕсенче вĕçлерĕç.

Районти культура çуртĕнче çамрăксен вечерĕ пулчĕ.

Т. ИВАНОВ.

## Çамрăксем юратакан мастер

Улатăрти пăравуссем юсакан заводра (сборочнăй цех) аслă мастера В. К. Кабаевскине пурте пĕлеççĕ. Ку заводра ĕçлекен А. Лезинпа И. Логинов токарьсем, «Почетный железнодорожник» значокпа наградăланă В. Тютькин строгальщик—В. К. Кабаевскин ученикĕсем. Вĕсем халĕ заводри чи паллă стахановецсем шутланаççĕ.

Ватă мастер хăйĕн пуян ĕç опытне çамрăксене парассишĕн, вĕсен квалификацине ÿстерсе пырассишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлет.

Заводра 20 çул ĕçленĕ вăхăтра В. К. Кабаевский 30 ытла çамрăка вĕрентнĕ. Хăйсене çĕнĕ специальность туянма пулăшнăшăн çамрăк рабочисем мастера тав тăваççĕ.

Хальхи вăхăтра В. К. Кабаевский юлташ Г. Берешковпа В. Никольский çамрăксене токарь ĕçне вĕрентет.

А. СМИРНОВ.

## Тимĕр-тăмăр пухаççĕ

МУРКАШ. Районти колхозсем тимĕр-тăмăр пухса государствăна параççĕ. Çак кунсенче Маленков ячĕпе тăракан колхоз 2.760 килограмм, «Красное Сормово», Мичурин ячĕпе тăракан, Энгельс ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 1.200—1.850-шар килограмм тимĕр-тăмăр пухса государствăна пачĕç. Çак ĕç ытти колхозсенче те сарăлса пырать. Районĕпе халĕ кивĕ тимĕр-тăмăра 20 тонна ытларах пухса государствăна панă.

П. ТОРОНЕЙ.

## ПРОИЗВОДСТВО КАЯШĔНЧЕН

КАНАШ. Вагонсем юсакан заводри йывăç пайсем хатĕрлекен цехра хăма татăкĕсем нумай юлаççĕ. Завод халĕ вĕсенчен хуçалăхра кирлĕ япаласем туса кăларать. Иртнĕ май уйăхĕнче 50 пукан, 8 сĕтел, шкапсем, шифоньеркăсем, рамăсем нумай туса кăларнă.

Пăчкă кĕрпипе йывăç татăкĕсене пăхуранĕн вучахĕнче çунтарни завода кашни уйăхра 200 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетлеме май парать.

И. ЖУРАВЛЕВ.

## Çур çулхи плана тултарнă

ШĂХАСАН. «Стахановец» промартелĕн коллективĕ пилĕк уйăх хушшинче çур çулхи плана тултарнă.

Артель членĕсем Д. Антонов, Е. Ильин, М. Ильина, А. Архипов юлташсем август уйăхĕ шучĕпе продукци туса кăлараççĕ.

Çак кунсенче артель членĕсем курăс тума, вăрманта çăка касма тытăннă.

Х. ГОРДЕЕВ.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.

# Заочно вĕренсе тухаççĕ

Вуннăмĕш класран вĕренсе тухакансемпе экзамен ирттерекен комисси сĕтелĕ патне вăтам çулхи кĕрнеклĕ çын пычĕ. Сĕтел çинче йĕркерен выртакан билетсем çине ăшшăн пăхса илчĕ вăл. Унăн сăнпичĕ çинче «хăш билетне илес-ши, ответлеме пĕлмесĕр такăнмастăп-ши» тесе шухăшлани палăрмарĕ.

— 26-мĕш номерлĕ билет, ответлеме ирĕк парăр,—терĕ вăл кăштах шухăшласа ларнă хыççăн.

Вĕренекен тĕплĕн те ăнланмалла каласа парать, задачăна хăвăрт та пĕр йăнăш тумасăр шутлать.

Комисси членĕсем канашлаççĕ. Ответсем пирки никам та иккĕленмест, пурте кăмăллă. «Аван вĕреннĕ, тивĕçлипе хатĕрленнĕ. Çавăн пек хак памалла»,—теççĕ вĕсем пĕр шухăшлăн. «5» паллă лартма сĕнсе.

Çав кун Александр Лукьянов тăваттăмĕш экзамен пачĕ. Вăл кашни экзаменра чи лайăх паллă илнĕ.

— Кам вăл А. Лукьянов, ăçта ĕçлет?—ыйтрĕ комисси членĕсенчен пĕри.

— Республикăри çитĕннĕ çынсен заочно вĕренмелли вăтам шкулĕнче вĕренме тытăниччен вăл тĕрлĕ вырăнсенче ĕçленĕ. Шофер та пулнă, бухгалтерире ĕçленĕ, экспедитор пулнă. Анчах пĕр-пĕр специальноçа лайăх вĕренсе çитме пĕлÿ çителĕксĕр, ултă-çичĕ çул çеç вĕреннĕ пулнă. Тепĕр хут вăтам шкула кайса ларма çулсем иртсе пырассĕ. Анчах вĕренес ĕмĕт сÿхалман. Александр Лукьянов çитĕнĕ çитнисен республикăри заочнăй вăтам шкулне вĕренме çырăнать. Ĕçрен пушă вăхăта вăл килте е библиотекăсенче ларса ирттерет, шкулта панă заданисене вăхăтра пурнăçласа пырать. Виçĕ çул ĕçре, вĕренÿре иртнĕ. А. Лукьянов класран класа ăнăçлăн куçса пынă. Халĕ вăл Х-мĕш класран вĕренсе тухмалли экзаменсем парать. Часах унăн аллинче вăтам шкул пĕтернине кăтартакан аттестат пулать. Çав куна хавасланса кĕтет вăл.

— Вăхăтра вăтам шкул пĕтермесĕр кăштах йăнăш турăм. Анчах пирĕн çĕршывра вĕренме кирек хăçан та кая мар. Заочно вĕренсе вăтам шкул пĕтеретĕп, аттестат илетĕп. Аслă шкула кĕме ĕмĕтленетĕп. Эпĕ хам юратнă специальноçа вĕренме сăрт-ту институтне каясшăн,—тет А. Лукьянов юлташ. Çакăн пек тĕслĕхсем çитĕннĕ çынсен заочнăй вăтам шкулĕнче сахал мар. Кунта вĕренекенсенчен чылайăшĕ хăй вăхăтĕнче 4-мĕшпе 5-мĕш е ытти классенче вĕреннĕ те тĕрлĕ сăлтавсене пула малалла вĕренме пăрахнă. Каярахпа, вĕренес ĕмĕтне пурнăçлас тесе, заочнăй шкула вĕренме кĕнĕ.

Акă Шупашкар районĕнчи Мăн Алаккасси çынни Н. Иванов Кÿкеçри вăтам шкултан вĕренсе тухиччен Аслă Отечественнăй вăрçă фронтне тухса кайнă. Вăл 1942 çултан пуçласа Çĕнтерÿ кунĕччен тăшмана хирĕç çапăçнă, йывăр суранланнă, сывалнă та каллех фронта кайнă. Темĕнле йывăр кунсенче те вăл вĕренес ĕмĕте çухатман. Сартан таврăнсан Атăл леш енчи торф предприятине ĕçлеме кĕнĕ. Çав вăхăтрах хăйĕн тахçанхи ĕмĕтне пурнăçлас майпа заочнăй вăтам шкула вĕренме çырăннă.

— Ĕçленĕ хыççăн киле таврăнсан кĕнеке тытса ларма аван. Анчах тĕрлĕ наукăсене программа тăрăх тĕплĕн вĕренме, тĕплĕн ăнланма пысăк чăтăмлăх, тăрăшни, хăвна-хăв алла илсе вĕренме пĕлни кирлĕ,—тет халĕ Н. Иванов. Вăл пур предметсемпе те экзамен ăнăçлăн парса пырать.

Заочно вĕренмелли вăтам шкулта хулари çынсем çеç мар, республикăри тĕрлĕ районсемпе колхозсенчи çитĕннĕ çынсем чылай вĕренеççĕ. Шкул вĕренÿ çулĕ пуçламăшĕнче вĕсем патне заданисем, программăсем ярса парать, консультацисем илмелли пунктсене кăтартса çирĕплетет. Вĕренекенсем вара программа тăрăх заданисене пурнăçласа яраççĕ.

Чурачăк районĕнчи Анат Сурăм ял çынни А. Павлов 1935 çулта Кăшнаруйĕнчи çичĕ çул вĕренмелли шкултан вĕренсе тухнă хыççăн ниçта та вĕренмен, колхозра ĕçленĕ. Фронтра темиçе хутчен правительство наградисене илме тивĕçлĕ пулнă. Çартан таврăннă хыççăн «Красное Сормово» колхоз председателĕ пулса ĕçленĕ. Хăйĕн пĕлĕвне ÿстерес тесе республикăри заочнăй вăтам шкула VIII-мĕш класа вĕренме кĕнĕ. Ăнăçлă вĕренсе пырать. Колхоз ĕçĕнчен уйрăлмасăр вĕренсе, вăтам шкул пĕтерсе тухни çинчен аттестат илет.

Шкулта вĕренекенсем хушшинче халĕ тĕрлĕ вырăнсенче ĕçлекен, тĕрлĕ профессиллĕ çынсене курма пулать. А. Терентьев—çул-йĕр строительствинче машинист пулса ĕçлет, В. Лукоянов—Аслă Отечественнăй вăрçă инвалиĕ, пенсионер, Н. Костылев—машинист-дизелист, И. Краснова—корректор, П. Прокопьев—Калинино районĕнчи колхозник, А. Евлампьев—КПСС райкомĕн работникĕ тата ытти те. Вĕсене пурне те пĕр шухăш-кăмăл—вĕренес, вăтам шкул пĕтерсе малалла вĕренес ĕмĕт хавхалантарса пырать.

Çитĕннĕ çынсен заочнăй вăтам шкулĕ ĕçлеме пуçланăранпа вуншар çын вĕренсе тухнă, аттестат илме тивĕçлĕ пулнă. Вĕсенчен нумайăшĕ халĕ аслă шкулсенче вĕренеççĕ е юратнă специальноçа вĕреннĕ хыççăн тĕрлĕ çĕрте ĕçлеççĕ. Кунтан вĕренсе тухнă В. Кожевина, Р. Синельникова, Е. Белова тата ыттисем те педагогика институтĕнче, В. Александров—Хусанти университетра, И. Ярмутин—Харьковри сăрт-ту институтĕнче вĕренеççĕ.

Халĕ шкулта V—Х-мĕш классенче пурĕ 450 çын вĕренет. Кăçал Х-мĕш класран вĕренсе тухма 21 çын экзамен тытать. Унсăр пуçне темиçе çын экстерн йĕркипе экзамен парать. Малтанхи экзаменсен итогĕсем заочно вĕренекенсенчен нумайăшĕ тăрăшса вĕреннине кăтартса параççĕ. Çакă вăл совет çыннисем тĕллев патне çитессишĕн, хăйсен пĕлĕвне ÿстерессишĕн çине тăрса кĕрешме пултарнине кăтартса парать. Партипе правительство халăха вĕрентессишĕн, кашни çынна пĕлÿ парассишĕн тăрăшни республикăри заочнăй вăтам шкулта уйрăмах уççăн курăнать.

Часах çитĕннĕ çынсен вăтам шкулне V—Х-мĕш классене вĕренме илме тытăнаççĕ. Вĕренсе вăтам пĕлÿ илес текен çынсемшĕн заочнăй вĕренмелли вăтам шкул алăкĕсем яланах уçă.

Н. МИНИН.

## КИНО

«РОДИНА»—июнĕн 17-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче илемлĕ фильм «Руслан и Людмила», каçхи сеанссенче—«Пекарь императора». Каçхи сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

Июнĕн 18-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Руслан и Людмила», каçхи сеанссенче—«Золушка» (çĕнĕ копи).







РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01144 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.